ПĚТĚМ ТĚНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĚРЛЕШĚР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĚ

Совет Союзěнчи Коммунистсен партийěн Чăваш обкомěпе Шупашкар хула комитечěн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечěпе Шупашкар хула Совечěн хаçачě

1953 çул Сентябрь 27
ВЫРСАРНИКУН
№ 189 (9098)
36-мěш çул тухать.
Хакě 20 пус.

## Паянхи номерте:



# Ялти политикăлла ěçěн шайне çӳлě пусăма

Парти тата пěтěм совет халăхě КПСС Центральнăй Комитечěн сентябрьти Пленумěн постановленине ялхуçалăхне малалла аталантармалли программа вырăнне хурса йышăнчěç.

Коммунистсен партийěпе Совет правительстви халě колхозсене, МТС-семпе совхозсене малалла тěреклетме материаллă-техникăлла тата организациллě условисене пурне те туса парассě.

Ялхуçалăхне малалла аталантарас тěлěшпе туса ирттерме палăртнă ěçсене ăнăçлăн пурнăçласси парти организацийěсен массăсем хушшинчи ěçěнчен, вěсем колхозниксен, МТС-семпе совхоз работникěсен активлăхне мěнпур условисемпе тата майсемпе туллин усă курма мобилизацилеме пěлнинчен нумай килет. Ялхуçалăх ěçченěсен творчествăлла вăйě вěçěмсěр пысăк. Вěсене ěçе активлăнрах хутшăнтарни кирлě.

Массăлла-политикăлла ěç—ěççыннисене коммунизмла воспитани памалли, вěсене хуçалăхла-политикăлла задачăсене пурнăçлама мобилизацилемелли паха хатěр пулса тăрать. КПСС Центральнăй Комитечěн Пленумě обкомсене, крайкомсене тата союзлă республикăсенчи компартисен Центральнăй Комитечěсене ялти массăлла-политикăлла ěçěн шайне чылай çěклеме, çак ěçе ертсе пырассине вăйлатма хушрě.

Парти организацийěсен хальхи вăхăтри пысăк задачи вăл—КПСС Центральнăй Комитечěн Пленумěн материалěсем çинчен мěнпур колхозниксене, МТС-семпе совхозсенчи рабочисене, мěнпур ěççыннисене ăнлантарса парасси пулать. Парти организацийěн Пленум постановленине кашни ěççыннине ăнлантармалла тăвас тěлěшпе мерăсем йышăнмалла. Мускав хулинчи парторганизаци партипе совет работникěсене 300 çын, Ленинград организацийě—200 çын, Сталинабад организацийě—180 çын колхозсене янă. Вěсем ялти парторганизацисене политикăлла ěçе лайăхлатма пулăшаççě.

Массăлла-политикăлла ěçе производствăри ěçе татса паракан участоксемпе патне ытларах çывхартмалла. КПСС Центральнăй Комитечěн Пленумě кăтартса панă тăрăх, нумай парторганизацисенче политикăлла ěçе хуçалăхла задачăсенчен уйрăммăн туса пыраççě. Пирěн хушăра çаплах политика хуçалăхран уйрăлса тăманни çинчен, ăна хуçалăх задачисене татса парассипе çыхăнтарма кирли çинчен час-часах калакан работниксем пур, анчах вěсем практикăра политикăлла ěçе хуçалăх строительствин кулленхи ěçěнчен уйрăм туса пыраççě. Çакнашкал работниксем политикăран уйрăм тăракан хуçалăхла ыйтусем пулман пекех, хуçалăхран уйрăм тăракан политикăлла ыйтусем те çуккине манаççě. Хуçалăх ěçěнчи çитěнӳсем политикăлла ěçри çитěнӳсемпе пěр харăс пулса пыраççě. Партилле-политикăлла ěç вăл хуçалăхри çитěнӳсен никěсě пулса тăрать. Ăна кăштах вăйсăрлатни те производствăлла тата экономикăлла ěçсен пахалăхěнче палăрать.

Акă ун пек тěслěхсенчен пěри. Киргиз ССР-ěнчи Тяньшань облаçěнче вылăх-чěрлěх ěрчетме çутçанталăк условийěсем питех те пуян. Вылăх-чěрлěх ěрчетме материаллă-техникăлла никěс туса парас тесе, государство облаçа пысăк пулăшу парать. Анчах область хăйěн резервěсемпе тата майěсемпе çителěклě усă курмасть, вылăх-чěрлěх хисепěпе унăн тухăçне ӳстермелли плана тултармасть. Ěçсем çавăн пек килсе тухнине кăтартакан сăлтавсенчен пěри вăл—вылăх-чěрлěх ěрчетес енěпе паян пурнăçламалли задачăсене татса пама парти организацийěсем хăйсен вăйěсене тата ěççыннисен вăйěсене кирлě пек организацилеменни пулать. Вылăх-чěрлěх пăхакансем хушшинче массăлла-политикăлла ěçе вылăх-чěрлěх ěрчетес тěлěшпе паян татса памалли задачăсенчен уйрăммăн туса пыраççě.

Пěтěм партилле-политикăлла ěç хуçалăх задачисене татса парассипе таччăн çыхăнса тăмалла. Парти организацийěсен ěççыннисен творчествăлла активлăхне пуçарса ертсе пымалла, вăл активлăха кулленхи ялхуçалăх ěçěсене ăнăçлă пурнăçлама, ялхуçалăх продукчěсене пухса кěртес тата хатěрлес ěçсене вěçлеме, çавăн пекех тата КПСС Центральнăй Комитечěн Пленумě ялхуçалăхне аталантарас тěлěшпе кăларса тăратнă пысăк задачăсене татса пама мобилизацилемелле.

Пленум çакна кăтартса пачě: вылăх-чěрлěх ěрчетес ěçе хăвăрт вăйлатасси çěршыв пурнăçěнче чи пысăк пěлтерěшлě ěç пулса тăрать, халě вăл ялхуçалăхě енěпе партипе государствăн вăраха ямасăр татса памалли задачи пулса тăрать. Çěрулми тата пахча çимěç туса илессине ӳстерес тěлěшпе те нумай ěçлемелле пулать. Кěске срок хушшинче çак культурăсене пирěн çěршыври халăх ыйтăвне тулли тивěçтерме кирлě чухлě туса илмелле тăвас пулать. Тěштырăсен, техникăлла тата ытти культурăсен тухăçне те чылай ӳстерни кирлě.

Çакна май парти организацийěсем, партилле-политикăлла ěçе çěнетсе, хăйсен тěп вăйне колхоз производствинче пысăк вырăн йышăнса тăракан участоксене ямалла. Вылăх-чěрлěх фермисенче ěçлекен, вылăх апачě хатěрлекен бригадăсенче, çěрулми, пахча çимěçě тата ытти ялхуçалăх культурисем туса илекен бригадăсенче ěçлекен работниксем хушшинче политикăлла ěçе тěпрен лайăхлатни кирлě.

Машина-трактор станцийěсем умне пысăк задачăсем кăларса тăратнă. Вěсем колхоз производствине аталантарас ěçре татса паракан вăй, колхозсене социализмла государство енчен ертсе пырас çěрте питех те паха опорнăй пунктсем пулса тăраççě. Парти организацийěсен обязанноçě вăл—политикăлла ěçěн мěнпур майěсемпе çак задачăсене татса пама усă курасси пулать. Çакă вăл механизаторсем хушшинчи политикăлла ěçе чылай лайăхлатма хушать. Хăй вăхăтěнче МТС-сенчен ěçлеме пăрахса кайнă трактористсем, комбайнерсем тата ытти работниксем хушшинче ăнлантару ěçне организацилемелле, вěсене МТС-сене каллех таврăнма пулăшмалла.

Парти организацийěсен КПСС Центральнăй Комитечěн Пленумě палăртса хунă ěçсене практикăра пурнăçлас тěлěшпе организаторла пысăк ěçсем туса ирттермелле пулать. Парти социализмла ялхуçалăхěн мěнпур отраслěсене малалла аталантарас тěлěшпе кăларса тăратнă задачăсене татса парас, колхозсен общественнăй хуçалăхне тěреклетес тата пур енěпе те аталантарса пырас, пěтěм продукципе таварлă продукцие ӳстерес, ялхуçалăх продукчěсем хатěрлемелли государство планěсене вăхăтра тултарас, колхозсен укçан тата натурăпа илекен тупăшне ӳстерес, колхозниксен материальнăй пурнăçне лайăхлатас тěлěшпе кăларса тăратнă задачăсене татса парассишěн социализмла ăмăртăва анлăн сарса яни кирлě.

Ăмăртура миллионшар ěççыннисен творчествăлла активлăхě, вěсем ěç тухăçлăхне ӳстерессишěн тăрăшни курăнса тăрать. Ăмăртăва ертсе пырса, парти организацийěсен ăна чăннипех массăлла юхăм тума, ялхуçалăх ěçченěсем хушшинче яланах агитациллě-пропагандăлла ěç туса пыма, ăмăрту результачěсене пурте пěлсе тăмалла тума тăрăшмалла. Массăсем хушшинчи политикăлла ěç ěççыннисен творчествăлла активлăхне ӳстерме, социализмла ялхуçалăхěнчи резервсене тупса палăртма, колхозсен, МТС-сен тата совхозсен ěçěнчи çитменлěхсене пěтерме пулăшмалла.

Парти организацийěсем умěнче малта пыракан опыта пěтěçтерес тата сарас, наука çитěнěвěсене производствăна кěртсе пырас енěпе уйрăмах ответлă задачăсем тăраççě. Пирěн вăхăтра хуçалăха малта пыракан колхозсен, МТС-семпе совхозсен опытне, новаторсен çитěнěвěсене шута илмесěр тытса пыма çук, çавăнпа та кивěлле ěçлессине хирěç, малта пыракан опыта пропагандăласси çине тимсěр пăхнине хирěç кěрешěве татăклăн вăйлатни кирлě. Ялхуçалăхне ертсе пырас ěçре вăл, чи малтан, малта пыракан опыта, агрономи наукин çитěнěвěсене сăнаса вěренес, пěтěçтерес тата ăна сарса пырас тенине пěлтерет.

Ялхуçалăх производствин новаторěсен опытне тěплěн сăнаса вěренес ěçе организацилекен, малта пыракансен çитěнěвěсем çинчен массăлла тиражпа листовкăсем тата брошюрăсем кăларакан, лекци пропагандине анлăн сарса пыракан парти комитечěсем тěрěс тăваççě. Хăшпěр парти комитечěсем ялсенче лекцисем ирттернипе пěрлех, лекцисене партипе совет активě валли вуласа парас ěçе организацилеççě. Партин Алтай крайкомě, тěслěхрен, актив валли эрнере пěр хут ялхуçалăхěнчи малта пыракан опыт çинчен лекцисем ирттерет. Колхоз производствинче малта пыракансем, колхозсен председателěсем, МТС-сен директорěсем, научнăй работниксем актива лекцисем вуласа параççě.

Парти организацийěсен ялхуçалăх производствинчи новаторсен хăватлă юхăмне, колхоз ялěнчи ěççыннисен творчествăлла çěкленěвне ертсе пымалла. Çакăн пек тăвас тесен, пирěн кадрсен, мěнпур коммунистсен яланах массăсем хушшинче пулни, çынсемпе куллен ěçлени, вěсен нушисемпе ыйтăвěсене лайăх пěлни, малта пыраканнине асăрхама, çěнě ěçе вăхăтра асăрхама, ăна хавхалантарма пěлни кирлě.

КПСС Центральнăй Комитечěн сентябрьти Пленумě парти организацийěсен ěçěнчи пысăк çитменлěхсене кăтартса пачě. Çав вăхăтрах Пленум ялта партилле-политикăлла ěçе вăйлатас тěлěшпе конкретлă мерăсем палăртса пачě. Парти аппарачěн ěçне çěнěлле йěркелесси, парти руководствине ěçе татса паракан участоксем патне çывхартасси ялти общественнăй, политикăлла ěçри обезличкăна пěтерме пулăшаççě. Парти организацийěсен тивěçě вăл—массăсем хушшинчи политикăлла ěçе çěнě те çӳлěрех пусăма, парти кăларса тăратнă задачăсене тивěçтерекен шая çěклесси пулать.

(«ПРАВДА» хаçатăн сентябрěн 25-мěшěнчи умстатьинчен).

# ПАРТИ ЧĚННИПЕ

## Агрономсемпе зоотехниксем, трактористсем МТС-семпе колхозсене ěçлеме кайма кăмăл тăваççě



МТС-семпе колхозсенче ěçлеме кайма кăмăл тунă юлташсем (сулахайран сылтăмалла): М. Ф. Иванов, А. А. Орлов, Т. П. Архипова, И. Н. Широв тата Д. А. Андреев.

Совет Союзěнчи Коммунистсен партийěн Центральнăй Комитечěн Пленумě «ССР Союзěн ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен» йышăннă постановление республикăри ěççыннисем пысăк хаваслăхпа кěтсе илчěç. Республикăри кашни ěççынни партин Центральнăй Комитечěн çак постановленине ăнăçлăн пурнăçа кěртес тěлěшпе ырми-канми ěçлеме тăрăшать.

Парти ялхуçалăхне малалла аталантарас тěлěшпе лартнă задачăсене пурнăçлас ěçре специалистсем—инженерсем, агрономсем, зоотехниксем, механизаторсем пысăк вырăн йышăнаççě. Пысăк пěлӳ илнě ăста специалистсен вырăнě халě колхозсемпе МТС-сенче пулмалла.

Партин Центральнăй Комитечě 1954 çулхи суркунне тěлне колхозсенче ěçлеме МТС-сене 100 пин çын агрономсемпе зоотехниксем яма йышăнчě, промышленность предприятийěсене, строительствăна ытти организацисене ěçлеме кайнă трактористсене, механизаторсене, инженерсене, техник-механиксене, агрономсене тата ытти ялхуçалăх специалисчěсене МТС-семпе колхозсене таврăнма чěнчě.

Партин çак чěнěвне халě тěрлě предприятисемпе учрежденисенче ěçлекен ялхуçалăх специалисчěсем пысăк хаваслăхпа кěтсе илчěç. КПСС обкомěпе хула комитечěсене, райкомěсене пырса, нумай çынсем хăйсене МТС-сене, колхозсене ěçлеме яма ыйтса заявленисем параççě.

«Специальноçпа та, ěç опычěпе те эпě агроном, — тесе çырать Шупашкарти предприятин хушма хуçалăх директорě Д. Андреев юлташ КПСС Шупашкар хула комитетне.—Партин Центральнăй Комитечě йышăннă постановлени мана хамăн ěçе тата лайăхрах, юратарах тума хавхалантарать. Эпě 26 çул хушши агроном пулса ěçлесе пухнă ěç опытне колхоз производствине пама шутлатăп. Çавăнпа мана колхоза ěçлеме яма ыйтатăп».

«Эпě 1929 çулта ялхуçалăх техникумěнчен вěренсе тухса агроном-полевод специальноçне илтěм, — тесе çырать И. Широв юлташ.—Çак специальноçпа 20 çул, вěсенчен 11 çул машина-трактор станцинче, ěçлерěм. Юлашки виçě çул ытларах эпě хамăн специальноçпа ěçлеместěп.

Партин Центральнăй Комитечěн постановленийěпе паллашнă хыççăн, эпě манăн вырăн колхозра, тырпул туса илнě çěрте пулнине лайăх ăнланса илтěм. Партипе правительство совет халăхěн вăйне ялхуçалăхне малалла аталантарма мобилизациленě чухне, эпě çак пысăк ěçрен аякра тăма пултараймастăп, МТС-а ěçлеме таврăнатăп. Пěтěм вăя, пěлěве, ěç опытне вăйлă тырпул туса илес ěçе, вылăх-чěрлěх йышěпе унăн тухăçлăхне ӳстерес, колхозсен общественнăй хуçалăхне ӳстерес ěçе пама пулатăп».

М. Иванов юлташăн специальноçě — тракторист, смена механикě. Вăл слесарь ěçне аван пěлет. Анчах юлашки çулсенче хăй специальноçěпе мар, Шупашкарти макарон фабрикин директорě пулса ěçлет. КПСС Центральнăй Комитечěн постановленийě пичетленсе тухсанах вăл КПСС Шупашкар хула комитетне пырса хăйне МТС-а ěçлеме яма ыйтса заявлени панă.

«Парти чěнěвне вуланă хыççăн эпě машина-трактор станцине ěçлеме кайма килěшрěм. Манăн вырăн трактор çинче. Мана МТС-а тракторист пулса ěçлеме яма ыйтатăп. Ялта тӳрě кăмăлпа ěçлесе, хамăн пěтěм вăя, пěлěве ялхуçалăхне малалла аталантарас ěçе пама пулатăп», тесе çырать вăл.

Партин Центральнăй Комитечěн Пленумě чěннě тăрăх МТС-семпе колхозсене ěçлеме кайма кăмăл тăвакансем кулленех нумайланса пыраççě. ВЛКСМ обкомěнче инструктор пулса ěçлекен Д. Алексеев юлташ машина-трактор станцине ěçлеме яма ыйтса заявлени панă. Вăл 1949 çулта Шупашкарти ялхуçалăх институтěнчен вěренсе тухнă, ученăй-агроном ятне илнě. ДОСААФ-ăн Тинěс-Çар Флот клубěнче ěçлекен А. Орлов юлташ та колхоза ěçлеме яма ыйтать. Т. П. Архипова юлташ ялхуçалăх институтěнчен вěренсе тухса зоотехник специальноçне илнě. 1947 çултанпа килхуçи хěрарăмě пулса ěçлет. Вăл хăйне колхоза ěçлеме яма ыйтать. Д. А. Алексеев юлташ специальноçě—зоотехник. Анчах вăл халичченех Красноармейски райпотребсоюзěнче ěçлет. КПСС обкомěнчен вăл хăйне колхоза зоотехник пулса ěçлеме яма ыйтать. Çавăн пек заявленисем парти обкомěпе хула комитечěсене тата райкомěсене тăтăшах пыраççě.

### ТРАКТОР БРИГАДИСЕН АМАРТĂВĚ

Кěрхи çěртме тăвас ěçре малта пыракансем
(Сентябрěн 20-мěшě тěлне)

| Йышăннă вырăн | МТС-сем | Бригадирсен хушамачěсем | Кěрхи çěртме сухи тумалли плана тултарнă (процентпа) |
|---|---|---|---|
| 1. | Çěмěрле | В. Булавинцев | 177 |
| 2. | » | М. Шарушкин | 140 |
| 3. | Шăмăршă | К. Воробьев | 113 |
| 4. | Елчěк | Г. Тихонов | 112 |
| 5. | Шăмăршă | М. Сахунков | 110 |
| 6. | Улатăр | Р. Пулеев | 108 |
| 7. | Чкаловски | П. Зайкин | 108 |
| 8. | Сурмайдан | А. Муратова | 104 |
| 9. | Кувакино | А. Николаев | 102 |
| 10. | Вăрнар | И. Пронькин | 101 |
| 11. | Чкаловски | В. Пыркин | 101 |
| 12. | Вăрнар | Т. Петров | 100 |
| 13. | Чкаловски | С. Валиуллин | 100 |
| 14. | Çěмěрле | Я. Совков | 100 |
| 15. | Тăвай | В. Чичканов | 100 |

### МОЛОТИЛКА МАШИНИСЧĚСЕН АМАРТĂВĚ

Авăн çапас ěçре малта пыракансем
(Сентябрěн 20-мěшě тěлне)

| Йышăннă вырăн | Машинистсен хушамачěсем | МТС-сем | Молотилка марки | Авăн çапнă (тоннăпа) |
|---|---|---|---|---|
| 1. | Н. Краснов | Елчěк | МК-1100 | 950 |
| 2. | М. Афанасьев | » | —»— | 900 |
| 3. | Н. Наташкин | Чкаловски | —»— | 864 |
| 4. | А. Кириллов | » | —»— | 850 |
| 5. | И. Афанасьев | Елчěк | —»— | 800 |
| 6. | Г. Михайлов | Етěрне | —»— | 670 |
| 7. | А. Федоров | Вăрмар | —»— | 660 |
| 8. | Н. Иванов | » | —»— | 660 |
| 9. | Т. Малов | Первомайски | —»— | 607 |
| 10. | А. Федотов | Элěк | —»— | 600 |
| 11. | И. Сергеев | Советски | —»— | 600 |
| 12. | Ф. Исаев | » | —»— | 550 |
| 13. | М. Антонов | » | —»— | 550 |

# „Халăхсем хушшинчи мире çирěплетнěшěн" пăмалли тěнчери Сталинла премие Америкăри обществăлла деятеле Поль Робсона пани

НЬЮ-ЙОРК, сентябрěн 24-мěшě. (ТАСС). Сентябрěн 23-мěшěнче Нью-Йоркра «Тереса» отелěн концерт залěнче миршěн кěрешекен паллă çынна, США-ри паллă прогрессивлă деятеле—Поль Робсона «Халăхсем хушшинчи мире çирěплетнěшěн» пăмалли тěнчери Сталинла премие панă. Çак ятпа иртнě пухура Америкăри малта пыракан общественность представителěсем нумай пулнă.

Отелěн концерт залěнче халăх тулли пулнă. Лауреата саламласа Америкăри прогрессивлă организацисен, мире хӳтěлес тěлěшпе ěçлекен Нью-Йоркри комитетсен представителěсем, интеллигенцин, профсоюзсен, рабочисен хаçачěсен представителěсем пухăннă. Вěсем хушшинче рабочисем, ученăйсем, писательсем, артистсем, художниксем нумай пулнă.

Залра Америкăри паллă писатель Говард Фаст, 1952 çулхи суйлавра прогрессивлă партирен вице-президента суйлама тăратнă кандидат Шарлотта Басс, США-ри прогрессивлă партин наци комитечěн секретарě Болдуин, Пěтěм тěнчери Мир Совечěн членě Уиллард Эпхаус, США-ри Коммунистсен партийěн наци комитечěн председателě Уильям Фостер, «Мэссиз энд мейнстрим» журнал редакторě Семюэль, Силлен, писатель Фредерик Филд, Миннесота штачěн губернаторě пулнă, халě прогрессивлă партие ертсе пыракан лидерсенчен пěри Элмер Бенсон, паллă художниксем Рокуэлл Кентпа Чарльз Уайт тата США-ри малта пыракан общественность представителěсем нумай пулнă.

Каçхине 6 сехет. Трибуна умне Поль Робсон, Говард Фаст тата Америкăри паллă ученăй Уильям Дюбуа доктор тухаççě.

Чаплă пухăва Говард Фаст уçать. Вăл Уильям Дюбуа доктора сăмах парать. Уильям Дюбуа доктор СССР Верховнăй Совет Президиумě 1949 çулхи декабрěн 20-мěшěнче тěнчери Сталинла премисем туса хурасси çинчен кăларнă Указа вуласа парать. Çак премие кирек хăш çěршыври граждансене те, вăрçă чěртекенсене хирěç тата мире тěреклетессишěн кěрешес ěçре уйрăмах тава тивěçлě ěçсем тунăшăн параççě. Дюбуа пухăва пухăннисене Поль Робсон тěнчери Сталинла премие илме Мускава тухса кайма пултарайманни çинчен пěлтерет, мěншěн тесен Пěрлешӳллě Штатсен государство департаменчě ăна ют çěршывсене тухса кайма паспорт паман. Дюбуа Робсонăн пурнăçě çинчен, вăл миршěн, Америка халăхěн телейлě малашлăхěшěн кěрешни çинчен тěплěн каласа парать.

Çакăнта пухăннисем, тет Дюбуа, Америкăшăн, негр халăхěшěн, Поль Робсоншăн мěн пек пысăк чыс пулса тăнине çăмăллăнах ăнланса илме пултараççě. Поль Робсон пирěн кунсенчи аслăран та аслă тěллевшěн — миршěн кěрешекен паллă çынсенчен пěри. Пěр иккěленмесěрех çапла калама пулать, вăл хальхи вăхăтра çěр çинчи çынсен пысăк пайěшěн паллă американец пулса тăрать. Унăн сасси Европăра, Азире, Кăнтăр Америкăра тата мěнпур тинěссенчи утравсем çинче илтěнет.

Поль Робсон ячěпе совет писателěсем Александр Фадеев, Алексей Сурков, Константин Симонов, Михаил Шолохов, Илья Эренбург, Николай Тихонов, Александр Твардовский, Леонид Леонов, Константин Федин, Федор Гладков, Федор Панферов, Анатолий Софронов, Борис Горбатов, Вадим Кожевников, Борис Полевой янă саламлă телеграммăна вуласа параççě. Пурте тăвăллăн алă çупаççě. Говард Фаст мире хӳтěлес тěлěшпе ěçлекен Китай халăх комитетěнчен, Польшăри писательсен союзěн председателěнчен Леон Кручковскинчен, Франциренн,—И. Фарж госпожапа Эжени Коттон госпожаран, мире хӳтěлес тěлěшпе Бельгире ěçлекен союзран, Европăри тата ытти çěршывсенчи ытти нумай организацисемпе обществăлла деятельсенчен, çавăн пекех Пěрлешӳллě Штатсенчи организацисемпе уйрăм граждансенчен килнě саламлă телеграммăсене вуласа парать.

Говард Фаст «Халăхсем хушшинчи мире çирěплетнěшěн» пăмалли тěнчери Сталинла премисем тěлěшпе ěçлекен комитет председателěнчен Скобельцын академикран илнě телеграммăна вуласа парать. Унта çапла каланă:

«Хаклă тусăм!

Чěререн пăшăрханмалла пулсан та, эпě Сире çак савăнăçлă минутра хам пырса саламлама пултараймастăп. Эпě Сире тěнчери Сталинла премисем тěлěшпе ěçлекен комитет ячěпе чи ăшă туйăмсем çинчен пěлтеретěп тата Хăвăран ырă ěçре малалла çитěнӳсем тума ырă сунатăп.

Пирěн комитет, тěнчери тěрлě çěршывсенчи демократиллě общественность представителěсенчен тăракан комитет, Сире премие памалла туса, мире сыхласа хăварассишěн тата халăхсем хушшинче пěрпěрне ăнланмалла тăвассишěн ывăнма пěлмесěр кěрешнишěн Сире пěтěм тěнче хисеплenине палăртасшăн пулчě. Тěрлě национальноçсен миллионшар арçынěсемпе хěрарăмěсем эсир паллă деятель пулнине пěлеççě, хаклаççě, юратаççě. Сире хăйěн çěршывěн чăн-чăн патриочě тата мěнпур халăхсен тусě вырăнне хурса шутлаççě.

Эсир çавăн пекех тата хамăр аслă Америка халăхěпе туслă пулнине кăтартасшăн пултăмăр. Эсир çакна шанса тăратпăр: Сирěн аслă çěршывăн халăхě, ытти халăхсем пекех, вăрçăшăн мар, миршěн тата пěтěм халăхсемпе туслă пурăнасшăн тăрăшать.

Эсир çакна шанса тăратпăр: миршěн кěрешме пěрлешнě тěрлě нацисен мире юратакан çыннисен кěрешěвě çитěнӳпе вěçленě. Тав тăвакан этемлěх çав çынсем хушшинче Сирěн ята та, хаклă Робсон, асăнать.

Май пуррипе усă курса, эпě Сире тата çак савăнăçлă пухăва пухăннă сирěн тусăрсене миллионшар совет çыннисен ячěпе туслăн саламлатăп. Çак минутра вěсен туйăмěсем сирěнпе пěрле».

Кун хыççăн Говард Фаст сăмах калама тытăнать. Вăл çапла каланă:

«Тěнчери Сталинла мир премисем тěлěшпе ěçлекен комитет мана Поль Робсона лауреат дипломě тата ылтăн медаль пама ыйтрě.

Эпě, паллă ěнтě, çак ыйту вăл хăех пысăк чыс пулнине ăнланатăп. Эпир этем йăхě малалла тытăнса тăрас интересěсемшěн вăрçă кирлě маррине тěнчери нумай миллионлă халăхсем ăнланса илме пуçланă саманара пурăнатпăр.

Эпир этемлěх аталанăвěнче çакăн пек тапхăра çитсе тăтăмăр: миршěн пыракан хăватлă юхăма пěрлешнě çěршер миллион çынсем хăюллăн: мир никам тěкěнмелле мар таса ěç пулса тăрать, тесе пěлтереççě. Миршěн кěрешесси вăл çăмăл ěç мар. Ку вăл çынсем хăçан та пулса çěклеме пултарнă чи пысăк, чи йывăр тата çав вăхăтрах чи ырă кěрешӳ пулса тăрать. Çавăнпа та миршěн кěрешекен геройсем чи паттăр, чи ырă геройсем пулса тăраççě.

Хăех те паллă ěнтě, вăрçă хăрушлăхě пуринчен те ытларах хăратса тăракан районсенче çавăн пек кěрешме уйрăмах йывăр. Паян эпě паттăрлăхран уйрăмах ырă ěç туса хунă çынпа юнашар тăратăп.

Пěтěм тěнче тенě пекех Поль Робсона Америкăри Пěрлешӳллě Штатсен чи ырă та паттăр ывăлěсенчен пěри пулса тăрать тесе шутлани вăл ăнсăртран пулман. Пирěн çěршывра мěн лайăххи пур, вăл çавсене пурне те палăртса тăрать. Вăл хăйěн пурнăçěпе ěçне, чěрине, хăйěн пěтěм малашлăхне миршěн тата этемлěхěн ырă пурнăçěшěн кěрешес ěçе пачě. Вăл хăйěн халăхěн ирěклěхěшěн хăватлă та ырă кěрешӳ, этемлěх ирěклěхěшěн кěрешӳ пуçласа ячě. Çак кěрешӳре вăл курайманлăхпа икěпитлěх тинěсě хушшинче, хаяр терропа репрессисем хушшинче, суялăхпа ултав хушшинче аслă гигант пек çěкленсе тăрать.

Паян вăл çак чаплă наградăна, этемлěх хăйěн ывăлěсенчен кама та пулин пама чыс тăвакан аслă наградăна тивěçлипе илет. Поль Робсон — миршěн паракан тěнчери Сталинла преми лауреачě—хăйěн пурнăçне этемлěхе панă паттăрсен ретěнче тăрать. Эпě Сире, Поль Робсон, хам юратни çинчен, çакăнпа пěрлех хамăр тăван çěршыври миллионшар çынсем Сире юратни çинчен пěлтеретěп. Сире мир премийě паратăп».

Говард Фаст Поль Робсона лауреат дипломě тата ылтăн медаль парать. Пурте тăвăллăн алă çупаççě.

Тěнчери Сталинла преми лауреачě Поль Робсон ответлă сăмах калать. Ăна пурте ăшшăн кěтсе илеççě.

## Çěнěрен çěкленнě Смоленск

Сентябрěн 25-мěшěнче Смоленск хулипе облаçне фашистла нимěç захватчикěсен пусмăрěнчен ирěке кăларнăранпа 10 çул çитрě.

Смоленск хулине юсаса çěнетме государство пěр миллиард тенкě ытла укçа расходланă. Хулара пурăнмалли çуртсем çěнěрен темиçе пин тунă. Çак вăхăт хушшинче хулара аслă шкулсем, техникумсем, шкулсем, клубсем, театрсем, библиотекăсем нумай туса лартнă. Йěтěн комбиначě, Калинин ячěпе тăракан завод, çěвě фабрики тата ытти предприятисем те çěнěрен ӳсе çитěнчěç.

Кăçал строительсем пурăнмалли çуртсем иртнě çулхинчен икě хут ытларах туса лартнă.

Чылай урамсене асфальт сарса тухнă. Хулара çěнě садсем тăваççě. (ТАСС).

# Хуласенчи партконференцисем

## КАНАШ

Партин Канаш хула организацийĕн VIII-мĕш конференцийĕнче КПСС Канаш хула комитечĕн ĕçĕсем çинчен хула комитечĕн секретарĕ Новиков юлташ доклад туса пачĕ.

Хулари промышленноçпа транспорта ертсе пырас ĕç çинчен каласа, докладчик çакна палăртрĕ: Канаш хулинчи пĕтĕм промышленность 1952 çулта продукци туса кăлармалли плана 106,3 процент, кăçалхи сакăр уйăхри плана 107,4 процент тултарнă. 1953 çулта ĕç тухăçлăхне хăпартмалли плана 12 предприяти, продукцин хăйне хакне йўнетмелли плана 10 предприяти ытлашшипех тултарнă. Кăçал хулари промкомбинат, промысла кооперацийĕн «Дружба» артелĕ, ĕçмелли шывсем туса кăларакан предприяти хăйсен çулталăкри планĕсене тултарнă.

Чугун çулăн Канаш уселĕнче ĕçлекен работниксем халăх хуçалăх грузĕсене турттарас енĕпе йĕркеллĕ ĕçлесе пынă.

Анчах партин хула комитечĕ промышленноçпа транспорт предприятийĕсене пурне те лайăх ĕçлеттермелле тăвас тĕлĕшпе КПСС XIX-мĕш съезчĕ панă кăтартусене пурнăçласа çитереймен-ха. Пăлтăр юлса пынă предприятисем кăçал та начар ĕçлеççĕ. Хулари чи пысăк предприяти — вагонсем юсакан завод 1952 çулта плана тултарман. Çав вăхăтрах йывăç материалсене 4.500 кубометр, рессор тумалли хурçа 223 тонна ытлашши расходланă. Кăçалхи сакăр уйăхри производство планне 98,9 процент çеç тултарнă, кăларакан продукци хакне йўнетес вырăнне 4,5 процент таран хăпартнă, рабочисен ĕçне япăх организациленĕ тата çĕнĕ техникăпа йĕркеллĕ усă курман пирки ĕçĕн тухăçлăхне хăпартмалли плана та тултарайман.

Капитальнăй строительство ĕçĕ партин хула организацийĕн VII-мĕш конференцийĕнченхи пекех начар пурнăçланса пырать. Правительство культурăпа йăла учрежденийĕсем, пурăнмалли çуртсем лартма паракан укçа-тенкĕрен нумай пайĕ усă курмасăрах юлать. Строительствăпа монтаж кантурĕ кăçалхи сакăр уйăхри строительство планне 37,6 процент кăна тултарнă, строительствăн хакне хăпартса янă пирки 1.081 пин тенкĕ ытлашши расходланă.

— Промышленноçпа транспорт ĕçĕнче тата стройкăсенче çакăн пек пысăк çитменлĕхсем пурри, — тет Новиков юлташ, — партин хула комитечĕ, унăн промышленноçпа транспорт пайĕ предприятисемпе стройкăсен ĕçне йĕркеллĕ ертсе пыман пирки, пуçламăш парторганизацисем администрацин ĕçне тĕрĕслес правăпа çителĕклĕ усă курман пирки пулнă.

Докладчик отчетлă тапхăрта партин хула организацийĕнчи партилле-организациллĕ тата партилле-политикăлла ĕçсенче мĕнле çитменлĕхсем пулни çинчен, ку çитменлĕхсене епле пĕтермелли çинчен чылай чарăнса тăчĕ.

Новиков юлташ доклачĕ тăрăх 24 çын тухса каларĕ.

Канаш станцийĕнчи парторганизаци секретарĕ Плотников юлташ партин хула комитетне агитмассăлла ĕçе йĕркеллĕ ертсе пыманнишĕн, лайăх агитаторсен опытне сарманшăн критиклерĕ.

Вагонсем юсакан заводри ТЭЦ-ри машинист Лиманский юлташ парти хула комитечĕн секретарĕсем тата промышленноçпа транспорт пайĕ хулари предприятисемпе стройкăсене çиелтен ертсе пыни çинчен, пуçламăш парторганизацисене çителĕклĕ пулăшса пыманни çинчен каларĕ.

— Партин хула комитечĕн секретарĕсем пирĕн завода пырсан час-часах вĕсĕ ĕçлекен цехра пулаççĕ,—тет Лиманский юлташ, — анчах та вĕсем цех начальникне курса калаççĕ те парторганизаци секретарьне курма та тăрăшмаççĕ, парти пурнăçне йĕркелес енĕпе пулăшу паманни.

Кузнецов юлташ (вагонсем юсакан заводран) хулана лайăхлатса илмелле тĕлĕшпе тата хула хуçалăхне аталантарас енĕпе хула Совечĕн исполкомĕ япăх ĕçлени çинчен чарăнса тăчĕ.

Комсомол хула комитечĕн секретарĕ Романова юлташ нумай пуçламăш парторганизацисем комсомол организацийĕсене начар ертсе пынине палăртрĕ.

Пăравус деповĕн машинист помощникĕ Мокеев юлташ ĕçсынниcен культурăпа йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерес ĕçри пысăк çитменлĕхсемшĕн хула комитетне тата хула Советне тивĕçлипе критиклерĕ.

— Хулари магазинсенче, — тет Мокеев юлташ,—тавар илекенсен ыйтăвĕсене кирлĕ пек тивĕçтермеççĕ: пулă, сыр, конфет тата ытти таварсене те хутпа чĕркемесĕрех параççĕ. Хăшпĕр чухне халăха кирлĕ таварсем базăсенче пулсан та магазинсенче пулмаççĕ.

Конференци тивĕçлĕ решени йышăнчĕ, хула комитечĕн членĕсемпе кандидачĕсене тата ревизи комиссин членĕсене суйларĕ.

Хула комитечĕн организациллĕ пленумĕ КПСС хула комитечĕн секретарĕсем пулма Новиков, Красчикова, Ласточкин юлташсене суйларĕ.

К. ВАНЮШКИН.

## УЛАТĂР

Улатăр хулинчи парторганизацин VIII-мĕш конференцийĕ КПСС хула комитечĕн ĕçĕсем çинчен В. Чистопольский юлташ тунă доклада сўтсе яврĕ.

Конференци отчетлă тапхăрта хулари парторганизацире партилле-политикăлла тата партилле-организациллĕ ĕçсем вăйланнине палăртать. КПСС XIX-мĕш съезчĕн историллĕ решенийĕсенчен тухса тăракан задачăсене пурнăçласа пынă май, хулари парторганизаци хуçалăхпа культура строительствинче чылай ўсĕмсем тунă.

Хулари промышленность предприятийĕсем 1952 çулхи производство планне ирттерсе тултарнă, планран ирттерсе государствăна 4.642 пин тенкĕлĕх продукци панă. Предприятисем кăçал та ăнăçлă ĕçлеççĕ; вĕсем кăçалхи 8 уйăхри плана 104,7 процент тултарнă, планран ирттерсе 4.300 пин тенкĕлĕх продукци туса кăларнă.

— Анчах та, хăшпĕр ўсĕмсемпе пĕрлех,—тет докладчик, — промышленноçпа транспорт предприятийĕсем тата строительство организацийĕсен ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур-ха. Хулари пилĕк предприяти производство планĕсене тултарса пымасть. 13 предприяти продукцин хăйне ларакан хакне йўнетмелли кăçалхи çичĕ уйăхри плана тултарман.

Кунпа пĕрлех хулари организацисем капитальнăй строительство планне тултарса пымаççĕ. Йывăçран япаласем тăвакан комбинатра, кирпĕч заводĕнче, пăравуссем юсакан заводра капитальнăй строительство валли панă укçапа çулсеренех усă курмаççĕ.

Промышленность предприятийĕсен ĕçĕнчи пысăк çитменлĕхсем пуринчен малтан КПСС хула комитечĕпе унăн промышленность пайĕ ку ĕçе çителĕксĕр ертсе пынинчен килнĕ, тесе палăртаççĕ делегатсем. Хула комитечĕн ответлă работникĕсем предприятисенчи парторганизацисенче сахал пулаççĕ, вĕсен ответлăхне ўстерсе пыма тăрăшмаççĕ, парторганизаци секретарĕсене лайăххрах ĕçлеме вĕрентсе пымаççĕ.

КПСС хула комитечĕпе пуçламăш парторганизацисен бюровĕсем цехсенчи парторганизацисен ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçлеççĕ. Çавна пула чылай предприятисенчи, цехсенчи парторганизацисем социализмла ăмăртăва çителĕксĕр ертсе пыраççĕ, политикăлла агитаци ĕçне кирлĕ пек йĕркелемеççĕ.

Хулари предприятисенче партилле-организациллĕ ĕçе лайăх йĕркеленĕ пуçламăш парторганизацисем сахал мар. Ку тĕлĕшпе, сăмахран, махорка фабрикинчи парторганизацие лайăх енчен илсе кăтартма пулать. Кунта 1953 çулхи 8 уйăхра 13 хутчен парти пухăвĕсем ирттернĕ, вĕсенчен 5-шĕ уçă пухусем пулнă. Парторганизаци пухусенче чи кирлĕ ыйтусене сўтсе явать, йышăннă решенисене вĕçне çитиччен пурнăçа кĕртсе пырать.

Анчах та КПСС хула комитечĕ кун пек парторганизацисен опытне ытти парторганизаци секретарĕсем патне çитерсе тăмасть, парторганизацисен тата уйрăм коммунистсен ĕçри ответлăхне ўстерсе пымасть. Критикăпа самокритикăна кирлĕ таран сарса пыманни — хулари парторганизацисен ĕçĕнче пысăк çитменлĕх пулса тăрать.

Предприятисен ĕçĕнчи çитменлĕхсем кадрсен политикăлла тата производствăлла пĕлĕвне ўстерес ĕçе кирлĕ пек йĕркелесе çитерменнинчен те килеççĕ. Депори, кирпĕч заводĕнчи, Улатăр станцийĕнчи парторганизацисенче коммунистсемпе партире тăман кадрсене политикăлла воспитани парас ĕçе тивĕçлипе йĕркелемен. Хула комитечĕ пропагандистсемпе çителĕксĕр ĕçлет.

Прениpе пурĕ 24 çын тухса каларĕ. Конференци хулари парторганизаци ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе тивĕçлĕ решени йышăнчĕ.

* * *

КПСС хула комитечĕн пĕрремĕш организациллĕ пленумĕ парти хула комитечĕн секретарĕ пулма В. Чистопольский юлташа, хула комитет секретарĕсем пулма А. Лычагинăпа Н. Еремин юлташсене суйларĕ.

С. НИКОЛАЕВ,
Н. САВЕЛЬЕВ.

*Юлашки почтăран*

## Хăрăлтатакан сасăсем...

Республикăри ĕçсынниcем чăваш радиостанцийĕ урлă паракан передачăсене яланах кăмăлласа, юратса итлеççĕ. Вĕсем Тăван çĕршывра тата ытти çĕршывсенче пулса иртекен çĕнĕ хыпарсене чи малтан радио тăрăх пĕлеççĕ. Радио пирĕн пурнăçа, йăлана çирĕппĕн кĕчĕ. Ĕçсыннисем радиора ĕçлекенсенчен пысăк пахалăхлă передачăсем кĕтеççĕ.

Анчах та чăваш радиостанцийĕ паракан передачăсем чылай чухне радио итлекенсене çырлахтарма пултараймаççĕ-ха.

Сентябрĕн 26-мĕшĕнче пулнă ирхи передачăра Лорх профессорăн çĕрулми çинчен çырнă паха статьине вуласа панă хыççăн диктор концерт пуласси çинчен пĕлтерчĕ. Программăра—чăваш композиторĕсен юррисем.

— «Пирĕн юрă янăратăр илан», Музыкине Хирпу, сăмахĕсене Васанккапа Эсхель çырнă,—пĕлтерет диктор сасси.

Халăх юратнă юрă хаваслăн янăраса каять. Юрă хуласемпе ялсенче, урамсемпе площадьсенче, ĕçсыннисен хваттерĕсенче кăмăла çĕклесе шăранать, анчах та... шăранса çитеймест. Репродукторсемпе приемниксенче кĕтмен çĕртенех хăрăлтатакан сасăсем кĕрлеме тытăнаççĕ. Хыпăнса ўкнĕ техник, «йывăр лару-тăруран» часрах çăлăнас тесе, ку юрра чарса лартать. Часах диктор тепĕр юрă итне пĕлтерет.

— «Хурçă кĕпер». Музыки Анисим Васильевăн. Сăмахĕсем Стихван Шавлин,—тет малалла диктор. Юрă малтанхи пекех йĕркеллĕ пуçланать, анчах шăп варрине çитсен лап! чарăнса ларать. Концертри ытти юрăсем ăнăçлăн илтĕнчĕç пулин те, радио итлекенсен кăмăлĕ пăсăлчĕ. Пĕр катка пыла пĕр кашăк тикĕт пăсни пулса тăчĕ. Ку вăл сыхăну пайĕнче ĕçлекен техниксем радио аппаратурине передача пуçланиччен тĕрĕслесе пăхманнинчен килнĕ иккен.

Радиоинформаци пайĕ ирттерекен передачăсенче çакăн пек кăлтăксем, пăсăк япаласем час-часах пулкалаççĕ. Ĕçсыннисем иртнĕ кунсенче вырăсла пĕлтерекен çĕнĕ хыпарсен пайĕнче пионерсен лагерĕсем çинчен каласа панине итлерĕç. Ун хыççăн ытти передачăсем пулчĕç. Чăвашла паракан çĕнĕ хыпарсенче Шупашкарти «Красный кустарь» артелĕнчи пĕр стахановкăн сăмахне итлемеллеччĕ. Радио тăрăх «халĕ вăл каласа панине итлĕр» тесе пĕлтерчĕç. Сасартăк эфирта пионерсен лагерĕсем çинчен каласа паракан вырăсла сасă иккĕмĕш хут илтĕнсе кайрĕ. Пĕр-икĕ пуплев хыççăн унăн сассине чарса лартрĕç. Диктор вара стахановкăшăн хăй каласа пĕтерчĕ. Культура министерствин радиоинформаци пайĕнче ĕçлекен юлташсем, хăйсен ĕçĕ çине çиелтен пăхнине пула, пленкăсене пăтраштарнă иккен.

Çакăн пек хăрăлтатакан сасăсене тата техникăлла тĕрлĕ пăтраштарусене пĕтерме вăхăт мар-ши?

### КĔСКЕН

★ **Тăрăшса ĕçлекен киоскер.** Союзпечатĕн Канашри уйрăмĕн пĕрремĕш киоскĕнче ĕçлекен А. Зайцева юлташ ĕçсыннисем хушшинче хаçат-журнал тата кĕнекесем сарассишĕн куллен тăрăшать. Хăй ĕçне тўрĕ кăмăлпа туса пынăшăн А. Зайцевăна темиçе хутчен премиленĕ.

★ **Пысăк пĕве.** Советски районĕнчи Киров ячĕпе тăракан колхозра пысăк пĕве тунă.

## Вăрçа хăватлă мир пўлет

### Çĕнĕ сăвăсен ярăмĕ

Каллех эпир
Калатпăр:—Мир!
Мир—сутă ир!
Мир—сăмăс хир!
Мир—çимĕçлĕ сад,
Вăл—çĕрĕ вăй, хăват.
Анчах ăна çаплах юнать
хăрушă чир,
Ун ячĕ—вăрçă, вилĕм.
Вăл хускаласшăн çавраçилĕн,
Мире пăрасшăн пырĕнчен.
Çук, пăвтармастăп, тет тĕнче!

* * *

Ахаль эс, Аденауэр,
Сăтăркалатăн аллуна.
Пăрах, атя эс ан та ур,
Пăяв кĕтет мăйна!
Мĕскер вăл «блок», «Европа çарĕ»—
Çĕлен йăви, хурах пасарĕ!
Эс маннă куккуна —
Адольф тусна,
Сан евĕр вăл та хăлаçланчĕ,
Хускалчĕ, сирпĕтрĕ тăхлан.
Çапать те аслати—путланчĕ
Çав ирсĕр сăвăслан.

* * *

Кам çурмаран уйăрать тинĕсе?
Вăл путарать шавласа, кĕрлесе.
Пыр, пўл, чар,—
Хумĕ хатарлă, хаяр.
Эс те пĕрлешĕн, пĕрлешĕн, Германи,
Сан тăрăх чупмĕ çав янки кăрманĕ,
Янки вакламĕ тăван хулуна,
Сан чĕрўне — Берлинна.
Татăлĕ долларăн çĕрĕк пăявĕ,
Вĕлкĕшĕ ирĕклĕх. пĕрлĕх ялавĕ!

* * *

Пайтах шăртланчĕ Чан Кай-ши:
— Эп чакăп-ши? Эп чакăп-ши?
Чакать çав ват чакак.
Тухать те халăх çарĕ,
Питĕрĕнет çав йĕксĕкĕн сăварĕ.
Ăна çăлаймĕ-ха Тайван,
Йĕри-таврах—вулкан.
Кĕрлет, тапать вулканăн пырĕ,
Çунса кĕлленĕ вăрçă чирĕ.

* * *

Хыçать ĕнсине Бао-Дай:
— Аяй!
Çапать Хо Ши Мин сутăнчăка,
Усать çунатне хурчăка.
Калать мĕнпур Вьетнам:
— Кунта хуçа эп хам!
Ăсан кунтан, колонизатор,
Эпир
Париж коммунарĕ пек паттăр!
Ан пул пит шух,
Вĕçтер, пуç сывă чух!

* * *

Виç çул тертленчĕ, ишĕлчĕ Пхеньян.
Виç çул вăл кун курман, куçне хупман.
Паян праçник, уяв Пхеньянăн.
Вăл—сан. вăл—ман уявăм!
Шăпланчĕ выçă тупă,
Вăрçа пытарчĕ тупăк,
Çĕнтерчĕ мир!
Канса сывлать суранлă хир,
Тĕттĕмленет.завод труби...
Телейлĕ халăхăн шăпи!
Юнатăр Сеултан
леш, тепĕр сăвăслан,
Анчах Сеулăн юнлă çулĕ
Мир еннеллех, Пхеньяналлах!
Леш сăвăсланăн—Ли Сын Манăн —
Çăва еннех! Шăпах! Пачах!

* * *

«Пуйма каян—вилсе килен».
Мĕн авалтан, мĕн ĕлĕкрен
Çапла калать чăваш юмахĕ.
Чăнах та çав, фашист янахĕ
Саланчĕ халь Корейăра,
Сўрес çук вăл тек Штатра.
Укçа та, çĕр те кирлĕ мар ăна.
Вăл халь тăпра, тăпра кăна.
Стамбул урамĕнче Ахмет
Атте килмест тесе йĕрет.
Пĕлет-ши сан Ахмет, ун ашшĕ
Сут тĕнчепе халь сывпуллашнă.
Вăл янкипе Корейăра выртать,
Куç шăрçине хура çăхан сăхать.
Родос ячĕн — Попандопулас
Хўхлет:
«Аллексис, килнĕ пул эс!»
Пĕлет-ши çав пике, çав янавар,
Ун савнă тусĕ чĕрĕ мар.
Вăл янкипе Корейăра выртать,
Куç шăрçине хура çăхан сăхать
Кĕтет Оттава, Амстердам:
«Килсем, ачам! Килсем, ачам!»
Çук, килес çук, çук, килес çук вĕсем,
Калле килмеççĕ вилнисем.

* * *

Вĕрет, йўçет этем çилли,
Ун миршĕн çĕкленет алли,
Вĕçĕ-хĕррисĕр пысăк ун ылханĕ,
Сурать,
туртать ун сыпăнман суранĕ.
Çавăнпала француз калать:
«Суп, янки, килнелле! Суп, каялла!»
Хушать Италири горняк:
«Кунтан эс, янки, чак!»
Ўсет çак сас, çак вăйлă бас,
Вăл касарми хаяр:
— Вăрçă—кирлĕ мар!
Ан кил кунта! Ан сĕкĕн!
Килсен, вут çăварнех эс сикĕн.
Илтетни, çĕнĕ президент,
Мир çĕнет! Мир çĕнет!

* * *

Шутлать Шур Çурт, кўпчек шур хурт,
Çамки тирне пĕрет шур Гарри,
Ларать вăл, хыпнă та сигара.
Ăçта кăна ан ятăр çар —
Ури тĕпне хыпать кăвар.
Раснах ăçта та пĕр сăмах:
— Мир халăха! Çул чăнлăха!
Тăван киле ан кĕтĕр тек виле!
Пăрахтăр çавине чĕр юн эсрелĕ,
Хаваслăн култăр Мир хĕвелĕ!

. . . . . . . . . . . . .

Чĕтрет Шур Çурт, кўпчек шур хурт.
Çамки тирне пĕрет шур Гарри,
Сўнет çăварĕнчи сигарĕ.

* * *

Хĕрў ĕçре хĕрў кун иртрĕ,
Шкултан ман пионеркăм çитрĕ.
Вĕçет ун галстукĕ, вăл хĕпĕртерĕ,
Атте, историпе ман «пиллĕк!» терĕ.
Васкавлăн хучĕ сумкине,
Ак хыврĕ шурă саппунне,
Илет те çăкăр—вĕлтлетет,
Атте, мана уç сывлăш кирлĕ, тет,
Хаваслă сасă картишре,
Пионерсем каллех ĕçре:
Выляççĕ пўскелле,
Пытанмалла, пуканелле.
Кас чатăрĕ карать тавралăха,
Каллех куратăп пĕчĕк халăха:
Вăл вĕренет хăй урокне,
Çивĕчлетет, тупать ăсне.
Ак вуннă кăтартать сехет,
Ман пионеркăм телĕрет.
Çыврать кўрши, чĕвес пек Зина,
Çыврать Валерик, Саша, Лина...
Ачамăрсем, ыр кас сире,
Хўтлеççĕ аçăрсем мире.
Эсир чухлатăр—кам вăл янки.
Ăна пăхтармăпăр хăяккăн.
Истори сирĕншĕн ĕçлет,
Вăрçа хăватлă мир пўлет!

Стихван ШАВЛЫ.

*Пропагандистсене пулăшма*

# „Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ 50 çул тултарни" темăпа занятисем мĕнле ирттермелле

Çĕнĕ вĕренў çулĕнче политшкулсемпе кружоксен занятийĕсем КПСС Центральнăй Комитечĕн пропагандăпа агитаци пайĕ тата КПСС Центральнăй Комитечĕ çумĕнчи Маркс—Энгельс—Ленин—Сталин институчĕ кăларнă историллĕ документа—«Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ аллă çул тултарни» ятлă тезиссене вĕренипе пуçланаççĕ.

Çавна май Шупашкарти Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ заводри партком пропагандистсен семинарне ирттерчĕ. Унта асăннă тема тăрăх занятисем мĕнле ирттермелли çинчен сўтсе яврĕç. Семинарта 29 пропагандист пулчĕ.

Пропагандистсем ку документа пурте семинарччен вĕреннĕ. Вĕсенчен нумайăшĕ ку темăпа пуçламăш парторганизацисенчи пухусенче докладсем туса панă.

Семинарта эпĕ «Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ аллă çул тултарни» темăпа заводри политшкулсемпе кружоксенче занятисем мĕнле ирттересси çинчен инструкциллĕ-методикăлла доклад туса патăм.

Çак темăна занятисем ирттерме эпĕ пропагандистсене аялта кăтартнă плана сĕнтĕм.

«Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ аллă çул тултарни» ятлă документа вĕреннĕ чухне унăн тĕп идейисемпе шухăшне пропагандистăн каласа памалла кăна мар, вĕренекенсемпе юлташла калаçу ирттермелле. Вĕренекенсем калаçăва активлăн хутшăнччăр тесен, пропагандистăн сўтсе явмалли ыйтусене малтанах палăртса хумалла. Çавнашкал ыйтусен тăватă-пиллĕкрен ытла пулмалла мар. Сўтсе явма çак ыйтусене сĕнме пулать:

1\. Революциллĕ марксистла парти тумалли ленинла план. Ленин туса хатĕрленĕ ертсе пымалли принцип тата партилле пурнăç йĕркисем. Ленинăн парти туса хумалли генилле планĕ РСДРП-ăн II-мĕш съездĕнче пурнăçланни.

2\. Ленин большевикла стратегипе тактикăпа тата социализмла революци теорине туса викĕслени. Октябрьти Социализмла Аслă революци çĕнтерни—Ленинăн пролетарилле революци çинчен калакан теорийĕ çĕнтерни.

3\. Коммунистсен партийĕн çулпуçĕ, Совет правительствин пуçлăхĕ В. И. Ленин экономика енĕпе кая юлнă Российăна малта пыракан социализмла çĕршыв туса хумалли плана туса хатĕрлени тата ăна наука енчен никĕслесе пани.

4\. Коммунистсен партийĕн, унăн Центральнăй Комитечĕн тата Ленин ĕçне малалла туса пынă И. В. Сталинăн пирĕн çĕршывра социализмла общество туса хурас ĕçри ролĕ.

5\. Коммунистсен партийĕ — коммунизм тăвакан совет обществине организацилесе тата хавхалантарса пыракан вăй.

Паллах, ыйтусене мĕнле лартасси вĕренекенсен составĕнчен, вĕсен пĕтĕмĕшле тата политикăлла пĕлĕвĕсем мĕнле пулнинчен, пропагандист темăна хăй мĕнле пĕлнинчен килет. Çавăнпа та пропагандист ыйтусене лартас тĕлĕшпе хăй те пуçарулла пулма тивĕç.

Палăртнă ыйтусем тăрăх темăн тĕп шухăшне пропагандистăн 2 сехет хушшинче тĕплĕн çутатса памалла. Ку вăл—йывăр ĕç, çавăнпа та пропагандист занятие тĕплĕн хатĕрленсе пыма тивĕç.

Малтанхи ыйтăва ăнлантарса панă чухне XIX-мĕш ĕмĕр вĕçĕнчи тата XX-мĕш ĕмĕр пуçламăшĕнчи лару-тăрăва çутатса памалла. Çакăн çинчен ăнлантарса памалла: Российăра марксистла партие пĕтĕм тĕнчери рабочисен юхăмĕнче улшăну пулнă тапхăрта туса хунă, ун чухне капитализм хăйĕн аталанăвĕн çўлĕ тата юлашки, империализмла сыпăкне кĕнĕ, паразитла, вилекен капитализм пулма тытăннă, ун чухне пролетарилле революци пурнăçри чи кирлĕ ыйту пулса тăнă. Ку вăхăт рабочи юхăмĕнче çĕнĕ тапхăр пуçланса кайнипе—классем пĕр-пĕринпе уçă вĕрешĕве тухнипе, пролетариат капитализма сирпĕтсе антарна тата политикăлла влаçа çĕнсе илме хатĕрленнипе палăрса тăрать.

Кивĕ, оппортунистла партисем сыхлаиса юлнă пулсан, çак историллĕ задачăна пролетариат пурнăçлайман пулĕччĕ. Мĕншĕн тесен çав партисене капитализм аталанăвĕн мирлĕ тапхăрĕнчи условисем ыйтнă пек тунă. Рабочи класăн çĕнĕ, революциллĕ партине, рабочисене влаçшăн кĕрешме ертсе пыма пултаракан партине туса хуни кирлĕ пулнă.

Малалла пропагандист çавнашкал партие, çĕнĕ типлă партие Владимир Ильич Ленин туса хума тытăнни çинчен, çак кĕрешў 1903 çулта пулса иртнĕ иккĕмĕш съездра çĕнтерў тунипе вĕçленни çинчен калать.

Çак вăхăтрах вырăс империализмĕн уйрăмлăхĕсем çинчен, Российăра тĕнчери чи революциллĕ пролетариат пулни, çакă вăл çĕнĕ типлă, революциллĕ парти туса хума май пани çинчен каласа ăнлантарас пулать. Çакăн хыççăн вĕренекенсене мĕншĕн Россия марксистла партин Тăван çĕршывĕ, ленинизмăн тăван çĕршывĕ тата Ленин çав парти çулпуçĕ пулса тăни ăнланмалла пулать.

Малтанхи ыйтăва вĕçлесе, пропагандист Ленин Коммунистсен партине кĕрешўпе революци партийĕ, пролетариат диктатурин хĕçпăшалĕ туса çитĕнтерни çинчен ăнлантарать.

«Коммунистсен партийĕ пролетариат диктатуришĕн кĕрешни» ятлă ыйтăва вĕреннĕ чухне РСДРП-ăн иккĕмĕш съезчĕ хыççăн, Октябрьти Социализмла Аслă революци çĕнтеричченхи вăхăтра пулса иртнĕ историллĕ ĕçсене çутатса парас пулать. Пропагандист çакна палăртать: Коммунистсен партийĕ пролетариат диктатурине çĕнсе илмелли хĕçпăшал, çĕршыври пĕртен-пĕр революциллĕ вăй, пролетариатăн боевой штабĕ пулса тăнă. Парти ертсе пынипе, пролетариат революциллĕ майпа влаçа хăй аллине çĕнсе илчĕ.

Унтан пропагандист Октябрьти Социализмла Аслă революци çĕнтернĕ хыççăн этемлĕх историйĕнче çĕнĕ тапхăр — капитализм пĕтмелли тата социализм çĕнтермелли тапхăр пуçланса кайни çинчен ăнлантарать. Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ нацилле вăйран пĕтĕм тĕнчери вăй, тĕнчери революциллĕ юхăмпа рабочи юхăмăн «Ударнăй бригади» пулса тăрать.

«Коммунистсен партийĕ социализм тăвассишĕн кĕрешни» текен пайра çакăн çинчен ăнлантарса парас пулать: парти пролетариата влаçа çĕнсе илме кăна мар, тата пуринчен ытла диктатурăна тытса тăма, социализм çĕнтерĕвĕшĕн пыракан кĕрешўре диктатурăна анлăлатса çирĕплетме кирлĕ.

Коммунистсен партийĕн çулпуçĕ, Совет правительствин пуçлăхĕ В. И. Ленин экономика тĕлĕшĕнчен кая юлнă Российăна социализмла хăватлă держава туса хумалли программăна совет влаçĕн малтанхи уйăхĕсенчех наука енчен çутатса панă. Çак программа çĕршыва социализмла индустриализацилеме, йывăр промышленноçа пур майсемпе те аталантарма, пĕтĕм халăх хуçалăхне электрификацилеме, ялхуçалăхне социализмла урăхлатса çĕнетес майпа кооперативла плана пурнăçа кĕртме, культурăллă революци туса ирттерме палăртнă. Çĕршыва социализмла урăхлатса çĕнетес ĕçсене совет влаçĕн малтанхи кунĕсенчех тытăннă, вĕсене граждан вăрçипе ют çĕршывсен интервенцийĕн çулĕсенче те пăрахман.

Ку пая çутатнă чухне пропагандист Центральнăй Комитет, аслă çулпуç И. В. Сталин ертсе пынипе парти тăшманĕсене хирĕç кĕрешни çинчен ăнлантарать. Партин тата халăхăн тăшманĕсем çĕршыва ленинла çул çинчен капитализма каялла тавăрмалли çул çине пăрса яма хăтланнă. Коммунистсен партийĕ ленинизма хўтĕлесе хăварчĕ тата хамăр çĕршывра социализм тумалли çул-йĕрĕ çирĕппĕн тытса пычĕ.

Малалла партин тĕп çул-йĕрĕ çĕнтерни çинчен, ССР Союзĕнче социализм туса хуни çинчен тата çав çĕнтерĕве СССР Конституцийĕнче çирĕплетсе хуни çинчен ăнлантармалла.

Пропагандистăн темăри тăваттăмĕш пая çутатасси çине уйрăмах тимлĕ пăхмалла, ăна валли вăхăт та ытларах уйăрмалла. Çакăн çинчен ăнлантарса парас пулать: Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ халăхи вăхăтра коммунизм строительствин пысăк задачисене татса парать, нумай нацилле Совет государствине малалла тĕреклетет, Совет Союзĕнчи халăхсен материальнăй пурнăçне лайăхлатса, культурине ўстерсе пырать.

Çав пысăк задачăсене татса пама, коммунизм обществи туса хума пирĕн çĕршывра мĕн кирли пурте пур: сутçанталăк пуянлăхĕсем, вăйлăн аталаннă йывăр промышленность, социализм тăвас ĕçре пухнă питĕ пуян опыт пур. Коммунистсен партийĕ кирек мĕнле йывăрлăхсене те çĕнтерме воспитани панă совет халăхĕ хăй умне лартнă тĕллеве пурнăçлама пултарнине пĕр хут кăна мар кăтартса пачĕ. Пирĕн çĕршывра хуласемпе ялсенче пурăнакан халăх ыйтăвне тивĕçтерме пултаракан çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçĕ пур, кучуххехи хăватлă техникăпа хĕçпăшаллантарнă совхозсемпе колхозсем пур, вĕсем мĕнпур ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне тата выльăх-чĕрлĕх тупăшлăхне малалла нумай ўстерме пултараççĕ.

Çапах та çав мĕнпур майсемпе туллин усă курни çук-ха. Пропагандистăн çавна май промышленность, ялхуçалăхĕ енĕпе вăраха ямасăр татса памалли задачăсем çинчен тата халăха куллен кирлĕ таварсем туса кăларас ĕçре тĕпрен улшăну тума кирли çинчен каласа кăтартмалла. Ку задачăсене СССР Верховнăй Совечĕн V-мĕш сессийĕн решенийĕсенче тата КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн постановленийĕнче кăтартса панă.

Юлашкинчен пирĕн çĕршывра коммунизм тăвас ĕçре Коммунистсен партийĕн хавхалантарса тата организацилесе пыракан рольне çутатмалла. Парти ăслăн ертсе пыни—совет халăхĕ тунă мĕнпур çитĕнўсен никĕсĕ, ССР Союзĕнче коммунизмла общество туса çитермелли шанчăк.

Капитализмла йĕритавралăх условийĕсенче Тăван çĕршывра коммунизм тăвассишĕн кĕрешмелли тĕп хĕçпăшал вăл Совет государстви пулать. Пирĕн хамăрăн государствăна, унăн карательнăй органĕсемпе разведка органĕсене тĕреклетсе пымалла.

Çавна май, пирĕн патра халĕ рабочи класс диктатури çук тесе калакан, Коммунистсен партийĕ текех ĕнтĕ рабочи класс диктатурин хĕçпăшалĕ пулса тăмасть текен «теорисен» сиенлĕхне кăтартса памалла. Çак «теорисем» Коммунистсен партийĕн коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн пыракан кĕрешўри рольне пĕчĕклетеççĕ.

Пропагандистăн вĕренекенсене тепĕр йăнăш вывод тăвассинчен асăрхаттармалла. Хăшпĕр юлташсем, марксизм-ленинизм экономикăлла законсен объективлă характерĕ çинчен вĕрентнине тĕрĕс мар ăнланса, совет обществин условийĕсенче партин ролĕпе унăн политикин пĕлтерĕшĕ çинчен йăнăш выводсем тăваççĕ. Вĕсем çапла шутлаççĕ: пирĕн общество аталанăвĕ объективлă законсене пăхăнса тăрать пулсан, парти, унăн идеологийĕ, Совет государстви, пĕтĕм надстройка та пысăк вырăнах йышăнмаççĕ, теççĕ. Çакă вăл экономикăлла законсене ытлашши пысăка хурса хакланинчен килнĕ. Çакă вăл—марксизм-ленинизмшăн ют, тахçанах аркатса тăкнă оппортунистла теорисен палăрăмĕ.

Коммунистсен партийĕ яланах марксистла çак кăтартăва тĕп вырăна хунă: парти хăйĕн политикине палăртнă чухне экономикăлла законсене шута илме, вĕренме тивĕç. Çав вăхăтрах парти самотек «теорине» хирĕç кĕрешсе пынă, мĕншĕн тесен вăл партие, рабочи класа малалла кайма чăрмантарать, обществăлла аталану законĕсем умĕнче массăсен активлăхне чакарать.

Парти задачи çакă пулать: экономикăлла законсене тĕпчесе вĕренмелле, вĕсемпе общество интересĕсемшĕн усă курма пĕлмелле. Парти çавăн пек тăвать те ĕнтĕ.

Пирĕн çĕршывăн историллĕ халхи тапхăрĕнчи экономикăлла аталанăвĕн ыйтăвĕсене КПСС XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсенче тата партипе правительство ун хыççăн йышăннă ытти постановленисенче кăтартса панă. Парти уставĕнче çапла кăтартса панă: «Халĕ Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн тĕп задачисем — социализмран майĕпен коммунизма куçса пырса, коммунизмла общество тăвасси, обществăн пурлăхпа культура шайне пĕрмаях хăпартса пырасси, общество членĕсене интернационализм шухăшĕ майлă тата мĕнпур çĕршывсенчи ĕçсыннисемпе тăванла сыхăнусем тытса пурăнас шухăш майлă вĕрентсе воспитани парасси, тăшмансен агрессиллĕ ĕçĕсенчен сыхланма Советлă Тăван çĕршывăн активлă оборонине пур майсемпе те тĕреклетсе пырасси пулаççĕ».

Мĕнпур коммунистсен, пĕтĕм совет çыннисен тивĕçĕ çав задачăсене тўрĕ кăмăлла пурнăçласа пырасси пулать.

Г. ЦАРЕВ,
заводри партком пропагандисчĕ.




**Райисполкомсемпе КПСС райкомӗсем тӑратнӑ тӑрӑх, тырпул пухса кӗртес ӗҫӗпе тӗлӗшпе ӑнӑҫлӑ ӗҫленӗшӗн тата государствӑна тырӑ памалли обязательствӑсене срокчен пурнӑҫланӑшӑн Чӑваш АССР Министрӗсен Совечӗпе КПСС обкомӗн бюровӗ ҫак колхозсене республикӑри Хисеп хӑми ҫине кӗртме йышӑннӑ:**

### ВӐРМАР РАЙОНӖ ТӐРӐХ

96. «30 лет Чувашии» колхоз (председателӗ И. Н. Николаев юлташ, парторганизаци секретарӗ Н. А. Афанасьев юлташ).
97. «Дружба» колхоз (председателӗ И. Г. Григорьев юлташ, парторганизаци секретарӗ С. И. Галкин юлташ).
98. «Гигант» колхоз (председателӗ Н. Г. Григорьев юлташ, парторганизаци секретарӗ И. П. Павлов юлташ).
99. «Победа» колхоз (председателӗ М. П. Бойков юлташ, парторганизаци секретарӗ И. С. Степанов юлташ).

### ЧУРАЧӐК РАЙОНӖ ТӐРӐХ

100. Калинин ячӗпе тӑракан колхоз (председателӗ Д. Е. Егоров юлташ, парторганизаци секретарӗ Ф. Е. Еремеев юлташ).
101. «Прогресс» колхоз (председателӗ Л. С. Степанов юлташ, парторганизаци секретарӗ А. С. Семенов юлташ).
102. Сталин ячӗпе тӑракан колхоз (председателӗ Ф. С. Семенов юлташ, парторганизаци секретарӗ Р. И. Иванов юлташ).
103. «Большевик» колхоз (председателӗ Д. Д. Дмитриев юлташ, парторганизаци секретарӗ С. Н. Николаев юлташ).
104. «Слава» колхоз (председателӗ Т. Ф. Федоров юлташ, парторганизаци секретарӗ Ф. Н. Николаев юлташ).
105. «Красный флот» колхоз (председателӗ Н. О. Осипов юлташ, парторганизаци секретарӗ В. А. Афанасьев юлташ).
106. «Совет» колхоз (председателӗ Н. Н. Никитин юлташ, парторганизаци секретарӗ М. Д. Давыдова юлташ).
107. «Союз» колхоз (председателӗ К. В. Васильев юлташ, парторганизаци секретарӗ П. Ф. Филимонов юлташ).
108. «Молодая сила» колхоз (председателӗ В. П. Павлов юлташ, парторганизаци секретарӗ А. А. Анисимов юлташ).
109. «Самолет» колхоз (председателӗ И. Т. Тимофеев юлташ, парторганизаци секретарӗ Л. Краснов юлташ).
110. «Стахановец» колхоз (председателӗ П. Г. Герасимов юлташ, парторганизаци секретарӗ Ф. Д. Данилов юлташ).

### СӖНТӖР РАЙОНӖ ТӐРӐХ

111. Киров ячӗпе тӑракан колхоз (председателӗ Н. Ф. Фомин юлташ).
112. «Аврора» колхоз (председателӗ М. С. Дементьев юлташ, парторганизаци секретарӗ И. З. Карпов юлташ).
113. Лысенко ячӗпе тӑракан колхоз (председателӗ А. С. Бабакин юлташ, парторганизаци секретарӗ Е. И. Смирнов юлташ).
114. Ленин ячӗпе тӑракан колхоз (председателӗ Г. И. Сапожников юлташ, парторганизаци секретарӗ А. С. Степанов юлташ).
115. «Колос» колхоз (председателӗ И. Я. Иванщиков юлташ, парторганизаци секретарӗ В. С. Максимов юлташ).
116. «Революция 1905 года» колхоз (председателӗ В. Г. Елагин юлташ, парторганизаци секретарӗ В. Н. Янзимиркин юлташ).

### ҪӖРПӲ РАЙОНӖ ТӐРӐХ

117. Молотов ячӗпе тӑракан колхоз (председателӗ Ф. П. Ильин юлташ, парторганизаци секретарӗ Т. Ф. Никонорова юлташ).
118. Хрущев ячӗпе тӑракан колхоз (председателӗ И. В. Васильев юлташ, парторганизаци секретарӗ И. В. Васильев юлташ).
119. «1905 год» колхоз (председателӗ Г. В. Викторов юлташ, парторганизаци секретарӗ С. Е. Краснов юлташ).
120. Сталин ячӗпе тӑракан колхоз (председателӗ В. П. Орлов юлташ, парторганизаци секретарӗ А. М. Михайлов юлташ).
121. «Коммунар» колхоз (председателӗ С. А. Антонов юлташ, парторганизаци секретарӗ В. Е. Ефимов юлташ).

### ҪӖМӖРЛЕ РАЙОНӖ ТӐРӐХ

122. Молотов ячӗпе тӑракан колхоз (председателӗ И. Г. Кузьмин юлташ, парторганизаци секретарӗ З. Ф. Федоров юлташ).
123. «Родина» колхоз (председателӗ И. П. Чулах юлташ, парторганизаци секретарӗ С. П. Макаров юлташ).

## *Государствӑна ҫӗрулми парса татнӑ*

«Вперед», «Красное знамя» тата Сталин ячӗпе тӑракан колхозсем государствӑна ҫӗрулми парса татрӗҫ. Халӗ колхозсем государствӑна планран ирттерсе ҫӗрулми сутаҫҫӗ.

Елчӗк. («КОЛХОЗ ЯЛАВӖ» хаҫат).

## Канаш МТС-ӗ машинӑсене юсама начар хатӗрленет

Канаш МТС-ӗнчи механизаторсем КПСС Центральнӑй Комитечӗн Пленумӗ ялхуҫалӑхне малалла аталантармалли мерӑсем ҫинчен йышӑннӑ постановление ӑшӑ кӑмӑлпа кӗтсе илчӗҫ. Вӗсем пурте парти кӑларса тӑратнӑ задачӑсене пурнӑҫлассишӗн ывӑнма пӗлмесӗр кӗрешме хӑйсем хатӗрри ҫинчен калаҫҫӗ.

— МТС-ра ялан ӗҫлекен кадрсем пулани,—тет мастерской заведующийӗ Чураков юлташ,—механизаторсен квалификацине ӳстерсе техникӑпа туллин усӑ курма, колхозсене пур енӗпе те хӑватлӑн аталантарма май парать.

— Пирӗн бригада ҫак кунсенче ҫулталӑкри плана тултарать. Кӗрхи ҫӗртме тумалли плана тултарвӑ хыҫҫӑнах эпир хамӑр ӗҫлекен колхозсене килес ҫул ырашпа кӗрхи тулӑ акмалли вырӑна хура ҫӗртме туса пама тытӑнатпӑр,—тет малта пыракан 12-мӗш трактор бригадин бригадирӗ коммунистка А. Захарова юлташ.

Механизаторсен хастарлӑхӗ пысӑк. Вӗсем малашне тата лайӑхрах ӗҫлес шухӑшкӑмӑлпа пурӑнаҫҫӗ. Анчах та МТС-ри парти организацийӗ КПСС Центральнӑй Комитечӗн Пленумӗ йышӑннӑ постановление тӗплӗн ӑнлантарса парас тӗлӗшпе нимӗнех те тумасть-ха. Пленум йышӑннӑ постановление радиопа пӗлтернӗ тата хаҫатсенче пичетленӗренпе пӗр эрне ытла иртрӗ. Апла пулсан та ун ҫинчен мастерскойри рабочисемпе кантурти служащисене кӗске вӑхӑтлӑха пухнӑ пухура ӑнлантарса панисӗр пуҫне урӑх нимӗн те туман. МТС-ӑн тӗп вӑйӗ пулса тӑракан трактористсене вара постановленипе халӗ те йӗркеллӗн паллаштарман.

Пуриншӗн те паллӑ, механизаторсенчен нумайӑшӗн пӗтӗмӗшле пӗлӳ ҫитеклӗксӗр, вӗсем кӗске вӑхӑтлӑх курссенчен вӗренсе тухса специальность илнӗ. Ҫавна пула вӗсем малашне хӑйсене ӗҫрен кӑларассӗ пулӗ, тесе шутлаҫҫӗ. Кун пек шухӑшлани, паллах, тӗрӗс мар. Анчах парти организацийӗ МТС-ра ялан ӗҫлекен кадрсем пулсан кӑна механизаторсем хӑйсен квалификацине чӑннипех те ӳстерме пултарнине тата ӗҫ условине аванлатма май килнине ӑнлантарса памасть. МТС директорӗн политика енӗпе ӗҫлекен заместителӗ Матвеев юлташ, малашне заместительсем пулмалла марри ҫинчен пӗлнӗ хыҫҫӑн, механизаторсем хушшинчи партиллеполитикӑлла, партилле-организацилле ӗҫ туса пырассине сӳрӗклетнӗ.

Иртнӗ ҫулта МТС тракторсемпе ытти машинӑсене юсамалли сезона вӑхӑтра хатӗрленеймен пирки вӗсене пысӑк пахалӑхпа юсаса кӑлараймарӗ. Умри задачӑсене ӑнӑҫлӑ пурнӑҫласа пырас тесен, кӑҫал ремонта нихҫанхинчен лайӑх хатӗрленмелле. Чӑнах та, МТС-ӑн ремонт тума кирлӗ база вӑйлӑ теме ҫук. Ҫавах та, пикенсен, ремонт сезонне пӗлтӗрхинчен чылай лайӑхрах хатӗрленме пулать. Мӗншӗн тесен МТС кӑҫал ҫӗнӗ оборудовани чылай туяннӑ. Тепӗр икӗ эрнерен тракторсене юсама тытӑнмалла. Анчах та ҫӗнӗ оборудование мастерской лартса пӗтермен. Ремонт вӑхӑтӗнче миҫе узел пулассии те паллӑ мар. Ҫавӑн пирки узелсем валли вырӑн хатӗрлеме те пачах пуҫламан.

Малта пыракан МТС-сем ремонт вӑхӑтӗнче кирлӗ пулма пултаракан япаласене ҫулла хатӗрлеме тытӑнаҫҫӗ. Канаш МТС-ӗнчи механиксем те, трактористсемпе ҫыхӑну тытсан, хӑш трактора юсанӑ чухне мӗнле пайсем кирлӗ пулассине халех пӗлсе тӑма пултараҫҫӗ. Вара вӗсенчен чылайӑшне хӑйсен мастерскойӗнчех хатӗрлесе хунӑ пулӗччӗҫ. Кун пек ӗҫлени ремонта хӑвӑртлатма пулӑшасси каламасӑрах паллӑ. Анчах МТС-ӑн главнӑй механикӗ Павлов юлташ хӑйӗн тӗп ӗҫне тӑвас вырӑнне комбайнпа тырӑ вырса ҫӳренӗ. Ҫавна пула вӑл колхозсен хирӗнче ӗҫлекен механизаторсене техникӑпа туллин усӑ курма та пулӑшайман, ремонт сезонне хатӗрленес енӗпе те тивӗҫлипе ертсе пырайман. МТС дирекцийӗпе парти организацийӗ, Павлов комбайнпа тырӑ вырса ҫӳренине «лайӑх пуҫару» тесе шутланӑ пирки. ӑна хӑйӗн тӗп ӗҫӗнчен пӑрӑнма ирӗк панӑ.

Мастерской ҫуртне хӗле хатӗрлеме пуҫламаннине те палӑртмасӑр иртсе кайма ҫук. Мастерскойра пурӗ те пӗр кӑмака кӑна. Ӑҫта пӑхнӑ унта шӑтӑк курӑнать. Чӳрече кантӑкӗсене лартман. Алӑка юсаман, мачча тӑпра е ытти япала сарса ӑшӑ тухмалла мар туман.

Ремонт вӑхӑтӗнче ӗҫлеме квалификациллӗ рабочисем илсе ҫитермен. Паянхи кун та мастерскойра ӗҫлеме слесарьсемпе токарьсем ҫук. Ҫын ҫук пирки пӗтӗм ӗҫе мастерской заведующийӗ Чураков юлташ пӗр пӗччен тенӗ пек тӑвать.

Пӗлтӗр рабочисен йӑла условийӗсем ҫителӗклӗ пулман. Кӑҫал МТС-ра штатра тӑракан рабочисем пулнӑ май, вӗсен пурнӑҫ условине тӗпренех лайӑхлатмалла ӗнтӗ. Апла пулсан та, ремонт вӑхӑтӗнче ӗҫлекен рабочисене пурӑнма общежитипе хваттерсем хатӗрлемен. Вӗсен каллех, иртнӗ ҫулсенчи пек, 6—7 километра киле ҫӳремелле пулать.

Государство кӑҫал МТС-а тӗрлӗрен ҫурт-йӗрсем лартма, ремонт сезонне хатӗрленме чылай укҫа-тенкӗ уйӑрса панӑ пулнӑ. Вӑл укҫапа вырӑнлӑ усӑ курма тытӑнманпа пӗрех.

Машинӑсене лайӑх пӑхса усрас тӗлӗшпе те тивӗҫлӗ ушӑну тума пуҫлани сисӗнмест. Хӑшпӗр комбайнсене МТС килкартине илсе килсе лартнӑ. Вӗсене тасатса су сӗрмен. Хиртен мӗнле илсе килнӗ, ҫавӑн пекех лартса хӑварнӑ.

МТС-ра механизаторсен кадрӗсем ҫитмеҫҫӗ. Ҫын ҫук пирки хӑшпӗр тракторсем пушӑ лараҫҫӗ. Парти пире механизаторсене МТС-а каялла тавӑрас шутпа ӑнлантарулӑ ӗҫе анлӑн туса пыма хушать. Анчах МТС-ри парти организацийӗ ӗлӗк тракторист пулнӑ колхозниксем хушшинче ӑнлантару ӗҫне йӗркелесе яма тытӑнман.

**П. ЩИПЦОВ.**
(Хамӑр корр.).

## Техникӑлла культурӑсенчен пысӑк тупӑш

ПЕРВОМАЙСКИ. «Комсомолец» колхоз техникӑлла культурӑсен тухӑҫлӑхне ӳстерсех пырать. Кӑҫал 21 гектар ҫинче йӗтӗн, 10 гектар ҫинче кантӑр акса ӳстернӗ. Техникӑлла культурӑсем акса тӑвас тӗлӗшпе ӗҫлекен бригадӑна Е. Агашев коммунист ертсе пырать. Бригада членӗсем агротехникӑлла ӗҫсене лайӑх тата вӑхӑтра туса пычӗҫ. Йӗтӗнпе кантӑр питӗ лайӑх ҫитӗнчӗҫ. Халӗ йӗтӗн ҫапса пӗтернӗ, ҫурӑмӗсене шыва хутнӑ. Кашни гектартан 6,5 центнер йӗтӗн вӑрри тухнӑ. Колхоз государствӑна 80 центнера яхӑн йӗтӗн вӑрри пачӗ.

Кантӑр татса пӗтернӗ. Колхозниксем кашни гектартан 7-шер центнер кантӑр вӑрри тата 6-шар центнертан кая мар сӳс тухасса шанса тӑраҫҫӗ. Пусана шыва хутса кӑларнӑ, тылласа та пӗтереҫҫӗ.

Колхоз кӑҫал государствӑна техникӑлла культурӑсем парса 400 пин тенкӗрен кая мар тупӑш илет.

Кӑҫал кантӑрпа йӗтӗне тирпейлеме витнӗ итем турӗҫ. Нумаях пулмасть шывран хутса кӑларнӑ йӗтӗн ҫурӑмӗсене типӗтме ятарласа сушилка туса лартрӗҫ.

**А. ТУКМАКОВ.**

## Ял Совечӗсене конкретлӑ ертсе пыман ҫӗрте

Ял Совечӗсен ялти хуҫалӑхпа культура строительствине ертсе пымалла. Ҫак ответлӑ задачӑна ял Совечӗсем умра тӑракан ӗҫсене планпа туса пырсан, сессисемпе исполком ларӑвӗсене вӑхӑтра тата хатӗрленсе ирттерсен, яланхи комиссисен ӗҫне лайӑхлатса пырсан, ял Совечӗ активпа ӗҫлесен кӑна ӑнӑҫлӑ пурнӑҫлама пултараҫҫӗ.

Тӗплӗн шухӑшласа тунӑ ӗҫ планӗ ял Совет исполкомне ыран тата малашне мӗнле ӗҫсем тумаллине уҫҫӑн кӑтартса парать. Сӗнтӗр районӗнчи ял Совечӗсен те ӗҫ планӗсем пур. Анчах вӗсене пӗлсе туман, план тума депутатсемпе активистсене, суйлавҫӑсене хутшӑнтарман. Ӑна ял Совечӗсен председателӗсем ячӗшӗн ҫеҫ тӑваҫҫӗ. Ҫавӑнпа ӗнтӗ плансене ял Совечӗ умӗнче тӑракан тӗп ыйтусене кӗртмеҫҫӗ. Мӑн Сӗнтӗр ял Советне илер-ха. Вӑл кашни квартал валли ӗҫ планӗ тӑвать. Ӗҫ планӗн форми те ҫук, унта депутатсене мӗнле ӗҫе хутшӑнтарни те курӑнмасть. Тума палӑртнӑ ӗҫсем планра кӑтартнӑ срокченче пулса иртмеҫҫӗ е вӗсене пачах тумаҫҫӗ. Ҫавӑн пекех Хачӑк, Ахманей Ярославка ял Совечӗсенче те ӗҫ планӗсене ячӗшӗн кӑна тӑваҫҫӗ. Асӑннӑ ял Совечӗсем сессисемпе исполком ларӑвӗсене хатӗрленмесӗр ирттереҫҫӗ. Сессисене ирттерме хатӗрленес ӗҫе депутатсене хутшӑнтармаҫҫӗ.

Мӑн Сӗнтӗр ял Совечӗн 6-мӗш сессийӗнче, исполком ларӑвӗнчи пекех, государствӑна утӑ парас ӗҫ мӗнле тӑни ҫинчен колхоз председателӗсен отчечӗсене итленӗ. Сессисенче сӳтсе явма лартнӑ ыйтусем тӑрӑх чылай чухне районтан пынӑ представительсем доклад тӑваҫҫӗ. Ял Советӗнче 24 депутат. Вӗсем сессисене ирттернӗ ҫӗре пачах хутшӑнмаҫҫӗ, сессисенче активлӑ мар, чылайӑшӗ сессисене те ҫӳремеҫҫӗ. Ял Совечӗн 5-мӗшпе 6-мӗш сессийӗсенче сӳтсе явнӑ ыйтусем тӑрӑх 3—4 депутат кӑна тухса каласнӑ. Мӗншӗн-ха депутатсем сессисенче тухса калаҫмаҫҫӗ? Мӗншӗн тесен ял Совечӗ сессисене ирттерме тӗплӗн хатӗрленмест. Сессисем пуласси ҫинчен депутатсене ҫав кун тин пӗлтереҫҫӗ, вӗсене пӑхса тухма палӑртнӑ ыйтусене хатӗрлеме хутшӑнтармаҫҫӗ, пӑхса тухакан ыйтусене депутатсем вырӑнсенче тӗрӗслемеҫҫӗ.

Сессисен решенийӗсене те кунта ячӗшӗн кӑна йышӑнаҫҫӗ. Улттӑмӗш сессин решенийӗ ҫавӑн пек: «1. Государствӑна утӑ памалли плана пӗтӗмпех тултармалла. 2. Пур колхоз председателӗсене те утӑ памалли плана июлӗн 25-мӗшӗ тӗлне тултарма хушас». Ытти сессисен решенийӗсем те ҫавӑн пек. Тӑваттӑмӗш сессире сӳтсе явнӑ ыйтусем тӑрӑх нимӗнле решени те йышӑнман. Мӗншӗн ҫавӑн пек пулса пырать-ха? Сессире пӑхса тухакан ыйту тӑрӑх решени проектне малтан ҫырса хатӗрлес йӑла ҫук. Укҫа-тенкӗ пухмалли плана тултарасси ҫинчен сессисенче 3 хутчен сӳтсе явнӑ. План ҫав-ҫавах пурнӑҫланмасть. Кӑҫалхи пӗрремӗш кварталта укҫа-тенкӗ пухмалли плана ял Совечӗ 47,5 процент, иккӗмӗш кварталта—59,3 процент кӑна тултарнӑ. Ҫул-йӗрсем тумалли плана тултарасси ҫинчен те темиҫе хутчен сӳтсе явнӑ. Анчах ял Советне кӗрекен колхозсем ҫулсем тумалли плана тултармаҫҫӗ. «Гвардия» колхоз ҫулсем тумалли плана 20 процент, Чкалов ячӗпе тӑракан колхоз 3 процент, Мичурин ячӗпе тӑракан колхоз 17 процент кӑна тултарнӑ. Колхозсенче ялхуҫалӑх ӗҫӗсем мӗнле пынине те сӳтсе явнӑ. Решенисем каллех пурнӑҫланмаҫҫӗ. Ял Советне кӗрекен колхозсем ялхуҫалӑх ӗҫӗсенче кая юлаҫҫӗ.

Ял Совечӗсен сессийӗсемпе исполкомӗсен ларӑвӗсенче йышӑннӑ решенисем пурнӑҫа кӗрсе пыманнин сӑлтавӗ вӗсене ячӗшӗн ҫеҫ йышӑннинче. Ҫакӑн пек решенисем авторитетлӑ пулмаҫҫӗ. Ял Совечӗсем хӑйсем йышӑннӑ решенисене ӗҫсыннисем патне, вӗсене пурнӑҫлама тивӗҫлӗ ҫынсем патне ҫитермеҫҫӗ, решенисем мӗнле пурнӑҫланса пынине тӑтӑшах тӗрӗслесе тӑмаҫҫӗ.

Ял Совечӗсен пӗрремӗш сессийӗсенче кашни ял Советӗнчех яланхи комиссисем тунӑ. Вӗсем чылай ял Совечӗсенче пачах ӗҫлемеҫҫӗ. Хачӑк ял Совечӗн пӗрремӗш сессийӗнче ялхуҫалӑх тата бюджет комиссийӗсем тунӑ. Комиссисем ӗҫлемеҫҫӗ. Вӗсен ӗҫ планӗсем ҫук. Хӑйсене суйласа хӑварнӑранпа вӗсем пӗрре те пухӑнман. Комисси председателӗсем Л. Комисев тата М. Осипов юлташсем ӗҫе мӗнрен тытӑнмаллине те, мӗн тумаллине те пӗлмеҫҫӗ. Вӗсене ӗҫлеме вӗрентекенсем те ҫук кунта.

Ял Совечӗн решенийӗсене, государство заданийӗсене пурнӑҫлама ялти халӑхӑн анлӑ массине явӑҫтарас ӗҫре ялти халӑх пухӑвӗсене ирттерни нумай пулӑшать. Вӗсене тӑтӑшах ирттерни — суйлавҫӑсем ял Совечӗпе тата депутатсемпе тытакан ҫыхӑнӑва ҫирӗплетет, Советсен пӗтӗм ӗҫне лайӑхлатма пулӑшать. Сӗнтӗр районӗнчи ял Совечӗсен руководителӗсем ҫакна ӑнланман. Вӗсем халӑх пухӑвӗсене пачах ирттермеҫҫӗ. Ял Совечӗсен пӗр депутачӗ те хӑйӗн суйлавҫисем умӗнче отчет туса паман.

Суйлавҫӑсен наказӗсем—Советсен кӗрешӳ программи. Вӗсене пурнӑҫласси—ял Совечӗн тивӗҫӗ. Апла пулин те, сӳлте асӑннӑ ял Совечӗсенче суйлавҫӑсем парса хӑварнӑ наказсене пӗрлештермен, наказсене пурнӑҫлассишӗн кам ответлӑ пулассине палӑртман. Паллах ӗнтӗ ӗҫсем ҫакӑч пек пулса пынӑ чухне суйлавҫӑсен наказӗсем пурнӑҫланмаҫҫӗ. Хачӑк ял Совечӗ суйлавҫӑсем парса хӑварнӑ наказсене пурнӑҫлас тӗлӗшпе, пӗр ҫӑл юсанисӗр пуҫне, урӑх нимӗн те туман.

Вырӑнти Советсен иртнӗ суйлавӗ хыҫҫӑн районти 15 ял Совет председателӗсене ҫӗнӗрен суйласа лартнӑ. Ҫакӑ райсовет исполкомӗн ял Советсен председателӗсемпе тата секретарӗсемпе ытларах ӗҫлемелли, вӗсене куллен вӗрентсе пыма кирли ҫинчен калать. Райсовет исполкомӗ хӑйӗн ҫак тӗп ӗҫне начар туса пырать.

— Эпир семинарсем ирттеретпӗр-ҫке. Кӑҫал ял Советсен председателӗсемпе тата секретарӗсемпе 4 семинар ирттернӗ,—теҫҫӗ райсовет исполкомӗн руководителӗсем. Семинарсене ирттеркеленӗ. Анчах вӗсенче тӗп ыйтусене: ял Совечӗн ӗҫне планласси, сессисемпе исполком ларӑвӗсене, халӑх пухӑвӗсене хатӗрленсе ирттересси, социализмла ӑмӑртӑва организацилесси, яланхи комиссисен ӗҫне йӗркелесси, суйлавҫӑсен наказӗсене пурнӑҫласси ҫинчен пачах сӳтсе явман.

Ял Совечӗсенче яланхи комиссисем япӑх ӗҫлеҫҫӗ. Вӗсем ӗҫлес килменнипе мар, ӗҫе пӗлменнипе ӗҫлемеҫҫӗ. Райсовет исполкомӗ яланхи комиссисен председателӗсене пухса пӗр семинар та ирттермен. Райсовет исполкомӗ кӑҫал Ахманей ял Совечӗн ӗҫӗсем ҫинчен хӑйӗн ларӑвӗнче пӑхса тухса, унӑн ӗҫне лайӑхлатас тӗлӗшпе решени йышӑннӑ. Ҫак ял Совечӗ ҫинчен йышӑннӑ пӗртен-пӗр решени те пурнӑҫланмасть. Мӗншӗн тесен вӑл решени мӗнле пурнӑҫланса пынине райсовет исполкомӗ тӗрӗслесе тӑмасть. Район Совечӗн исполкомӗн руководителӗсем ял Совечӗсенче пулмаҫҫӗ мар. Пулаҫҫӗ. Анчах вӗсем ял Совечӗсене организацилле-массӑлла ӗҫе лайӑхлатма пулӑшмаҫҫӗ.

**Н. ЦВЕТКОВ.**
(Хамӑр корр.).

## Колхозсем валли строительство материалӗсем ытларах туса кӑларассишӗн

Вӑрҫӑ хыҫҫӑнхи ҫулсенче республикӑри строительство материалӗсем тӑвакан предприятисене ҫӗнетсе пысӑклатас, хӑвӑтлӑ техникӑпа хӗҫпӑшаллантарас тӗлӗшпе пысӑк ӗҫсем туса ирттернӗ. Ивановӑри кирпӗч заводӗнче кирпӗч хӗртмелли ҫӗнӗ кӑмака, кирпӗч типӗтмелли темиҫе сарай тунӑ, ҫӗнӗ локомобильсем, пресс, экскаватор тата ытти механизмсем нумай туяннӑ. Ҫӗмӗрлери, Улатӑрти, Канашри кирпӗч завочӗсенче йывӑр ӗҫсене механизациленӗ. Шупашкарти завод кирпӗч тӑвакан ҫӗнӗ прессем, пӑравус, мотовоз тата ытти тӗрлӗ механизмсем илнӗ, кирпӗч хӗртмелли кӑмакана пысӑклатнӑ, ҫӗнӗ сарайсем лартнӑ. Кирпӗч завочӗсене Строительство материалӗсем тӑвакан промышленность управленийӗ енӗпе ҫеҫ 1951 ҫултанпа 4 миллион тенкӗ ытла укҫа хывнӑ.

Ҫӗрпӳри малта пыракан предприятисенче, тӗпчев институчӗсенче оборудовани тухӑҫларах ӗҫлеттерме, продукци пахалӑхне лайӑхлатма, материалсен хӑйне ларакан хакне йӳнетме пулӑшакан ҫӗнӗрен те ҫӗнӗ меслетсем шухӑшласа кӑлараҫҫӗ. Предприятисенче техникӑна алла илнӗ, пуҫарулӑ кадрсем ӳссе ҫитӗнчӗҫ. Ҫавна пула предприятисенче продукци туса кӑларасси те ҫултан-ҫул ӳсет. Кӑҫал асӑннӑ управлени пӑхӑнса тӑракан заводсем, 1940 ҫулхипе танлаштарсан, 2,5 хут нумайрах кирпӗч туса кӑлараҫҫӗ.

Апла пулин те республикӑри стройкӑсем вырӑнти материалсем ҫителӗклӗ илеймеҫҫӗ, мӗншӗн тесен строительство ӗҫӗсем хӑвӑртрах сарӑлаҫҫӗ.

Кирпӗч, известь, черепица, чул ситменни уйрӑмах колхозсене пысӑк чӑрмав кӳрет. Пирӗн колхозсен уйрӑмӑн фончӗсем ҫултан-ҫул ӳсеҫҫӗ, ферма витисем тата ытти ҫуртсем лартма государство колхозсене кивҫен укҫа-тенкӗ нумай уйӑрса парать. КПСС Центральнӑй Комитечӗн Пленумӗ ССР Союзӗн ялхуҫалӑхне малалла аталантармалли мерӑсем ҫинчен йышӑннӑ постановленире колхозсенче выльӑх витисем, МТС-сенче мастерскойсем, сарайсем, пурӑнмалли ҫуртсем, складсем, гаражсем, нефтебазӑсем т. ыт. те нумай лартма палӑртрӗ. Ҫавна май малашне строительство материалӗсем халичченхинчен темиҫе хут ытларах кирлӗ пулаҫҫӗ.

Республикӑри строительство материалӗсем тӑвакан предприятисенче ӗҫлекен рабочисем, инженерсемпе, техниксем тата служащисем, пӗтӗм совет халӑхӗпе пӗрле, ҫӗнӗ пилӗк ҫуллӑх плана срокчен тата ирттерсе тултарассишӗн, продукци пахалӑхне лайӑхлатассишӗн, материалсен хӑйне ларакан хакне йӳнетессишӗн кӗрешеҫҫӗ. Ҫӗмӗрлери кирпӗч завочӗ чӗрӗ кирпӗч туса кӑлармалли сезонти плана срокчен тултарчӗ. Завод коллективӗ планран ирттерсе 300 пин чӗрӗ кирпӗч туса кӑларма сӑмах панӑ. Шупашкарти кирпӗч завочӗ те ӑнӑҫлӑ ӗҫлет.

Анчах чылай предприятисем япӑх ӗҫлеҫҫӗ. Ивановӑри кирпӗч заводне илер. Вӑл сентябрӗн 1-мӗшӗ тӗлне планпа палӑртнинчен 2 миллион чӗрӗ кирпӗч сахалтарах туса кӑларнӑ. Кирпӗч хӗртес ӗҫ те юсса пырать. Завод ҫителӗксӗр ӗҫлени пуян техникӑпа япӑх усӑ курнинчен, оборудование вӑхӑтра юсаманнинчен, социализмла ӑмӑртӑва анлӑ сарманнинчен, дирекци кадрсен пӗлӗвне ӳстерме тӑрӑшманнинчен килет. Хӑшпӗр уйӑхсенче завод плана ирттерсе тултарать, теприсенче—тултараймасть. Пӗр тикӗс, график тӑрӑх ӗҫлесси кунта йӑлана кӗмен. Завод юлса пынине ҫакӑнтан та лайӑх курма пулать: сезон пуҫланнӑранпа вӑл пресс пуҫне, Шупашкарти кирпӗч завочӗпе танлаштарсан, пӗр миллиона яхӑн чӗрӗ кирпӗч сахалтарах туса кӑларнӑ. Завод директорӗн С. Александров юлташӑн государство ҫирӗплетсе панӑ плана тултарма татӑклӑ мерӑсем йышӑнмалла, цех начальникӗсен, мастерсен ответлӑхне ӳстермелле.

Канашри, Улатӑрти кирпӗч завочӗсем, Тӑвайри черепица завочӗ тата Куславккари известь хӗртекен завод та производство планне тултарас тӗлӗшпе юлса параҫҫӗ.

Строительство материалӗсем тӑвакан промышленность управленийӗ (начальникӗ М. Репкин юлташ) предприятисене организацилле-техникӑлла пулӑшу ытларах пама, малта пыракан предприятисемпе производство новаторӗсен опытне анлӑ сарма тивӗҫлӗ.

Кирпӗч, черепица, известь туса кӑларасси уйрӑмах вырӑнти промышленноҫпа промысла кооперацийӗн предприятийӗсенче юлса пынине палӑртас пулать. Вӗсем ҫулсеренех плана палӑртнинчен сахалтарах строительство материалӗсем тӑваҫҫӗ. Вырӑнти тата топливо промышленность министерствипе Чӑвашпромсовет кӑҫалхи сакӑр уйӑхри кирпӗч хӗртмелли плана тултарман.

Комсомольскинчи, Етӗрнери райпромкомбинатсемпе Шупашкар хулинчи комбинатра йывӑр ӗҫе механизацилемен, оборудование тухӑҫлӑ ӗҫлеттермеҫҫӗ, малта пыраканӑсен опычӗпе усӑ курмаҫҫӗ. Ҫавӑн пирки те ӗнтӗ вӗсем продукцин хӑйне ларакан хакне йӳнетеймеҫҫӗ, тупӑшлӑ ӗҫлеймеҫҫӗ. Райпромкомбинатсемпе промартельсен усӑ курман резервсем нумай. Красноармейскинчи райпромкомбинат сезонта пӗр миллион кирпӗч ҫапма пултарать. Ӑна 516 пин кирпӗч тума план панӑ. Технологи процесне тӗрӗс йӗркелесен тата хӑшпӗр ҫитменлӗхсене пӗтерсен, Йӗпреҫри «Красный строитель», Сӗнтӗрвӑрринчи «Стройматериал», Канаш районӗнчи «Строитель», Улатӑрти «14 лет Октября» промартельсем те халӑх хуҫалӑхне чылай ытларах кирпӗч пама пултараҫҫӗ.

Хӑшпӗр райпромкомбинатсемпе промартельсен руководителӗсем ӗҫсыннисемпе колхозсен ыйтӑвӗсене тивӗҫтерме, вырӑнти чӗртаварпа усӑ курма тӑрӑшмаҫҫӗ. Пурте пӗлеҫҫӗ, кирпӗч, черепица, известь тума кирлӗ чӗртавар пур ҫӗрте те тенӗ пекех пур. Хуҫалӑх руководителӗсем, вырӑнти Советсем пуҫарулӑ пулни ҫеҫ кирлӗ. КПСС Центральнӑй Комитечӗн пленумӗ «Колхозсене сутма вырӑнти тата кооперации промышленноҫӗн предприятийӗсенче кирпӗч, черепица тата известь туса кӑларассине ӳстермелле», тесе йышӑнчӗ. Пленум решенине пурнӑҫласси—вырӑнти тата кооперации промышленноҫӗнче ӗҫлекенсен чыслӑ та ответлӑ тивӗҫӗ. Строительство материалӗсем ытларах туса кӑларассишӗн, вӗсен пахалӑхне лайӑхлатассишӗн кирпӗч завочӗсенче, райпромкомбинатсемпе промартельсенче социализмла ӑмӑртӑва анлӑн сарас пулать.

Ҫак кунсенче Чӑваш АССР Министрӗсен Совечӗ вырӑнти тата промысла кооперации промышленноҫӗнче колхозсемпе совхозсем валли кирпӗч туса кӑларассине сарма йышӑнчӗ. 1954—1955-мӗш ҫулсенче республикӑра Вӑрнар, Канаш, Вӑрмар, Ишлей районӗсенче тата ытти ҫӗрте ҫичӗ завод ҫӗнӗрен лартма, киввисене ҫӗнетсе пысӑклатма, йывӑр ӗҫсене механизацилеме палӑртнӑ. Ҫавна пурнӑҫланӑ хыҫҫӑн вырӑнти промышленноҫпа промысла кооперацийӗн кирпӗч тӑвакан завочӗсен хӑвачӗ виҫӗ хут ытла ӳсет.

Ҫӗнӗ заводсем лартма государство оборудовани, материалсем уйӑрса парать. Кирпӗч завочӗсем ҫӗнӗрен лартма тата киввисене ҫӗнетсе пысӑклатма Промбанк райпромкомбинатсемпе промартельсене пӗр миллион тенкӗ таран нумай ҫуллӑха кивҫен укҫа пама пултарать. Кунсӑр пуҫне райпромкомбинатсем хӑйсен тупӑшӗнчен 60 процент таран строительство ӗҫне хывма пултараҫҫӗ. Урӑхла каласан, кирпӗч производствине аталантарма мӗн кирли пурте ҫителӗклӗ, вырӑнти промышленноҫпа промысла кооперации работникӗсем пуҫарулӑ пулни кирлӗ.

Чӑваш АССР Вырӑнти тата топливо промышленность министерствипе Чӑвашпромсовет умӗнче пысӑк та ответлӑ задачӑсем тӑраҫҫӗ. Вӗсен ҫӗнӗ заводсем лартма лайӑхрах вырӑн, паха кирпӗч туса кӑларма юрӑхлӑ тӑм, хӑйӑр запасӗсем шыраса тупмалла, кивӗ заводсене ҫӗнетсе пысӑклатас тӗлӗшпе чылай ӗҫсем туса ирттермелле, строительство материалӗсем туса кӑлармалли ҫулталӑкри плана тултарма тивӗҫлӗ мерӑсем йышӑнмалла.

Ҫӗнӗ кирпӗч завочӗсем лартма, ҫавӑн пекех киввисене ҫӗнетсе пысӑклатма «Чӑвашпроект» кантурӗн проектсемпе сметӑсене вӑхӑтра хатӗрлесе парас пулать. Хула Совет исполкомӗсемпе райсовет исполкомӗсем строительство материалӗсен производствине аталантарас тӗлӗшпе хӑйсен пуҫарулӑхне ӳстерме, райпромкомбинатсемпе промартельсен руководителӗсене куллен пулӑшса пыма тивӗҫлӗ. Ҫӗнӗ кирпӗч завочӗсем лартма, киввисене ҫӗнетсе сарма рабочисем тата турттӑм вӑйӗ чылай кирлӗ пулать. Колхоз правленийӗсем ҫав ӗҫе тума хӑйсен ирӗкӗпе райпромкомбинатсемпе промартельсене ӗҫ вӑйӗпе турттӑм вӑйӗ уйӑрса пама пултараҫҫӗ. Райпромкомбинатсемпе промартельсем ҫавӑншӑн колхозсене кирпӗч пама тивӗҫлӗ. Ҫавӑн пекех колхозниксем хӑйсен ирӗкӗпе кирпӗч завочӗсене тӑм кӑлармалли карьерсем организацилеме ҫӗр уйӑрса пама пултараҫҫӗ.

КПСС Центральнӑй Комитечӗн пленумӗ йышӑннӑ постановленире «Хуҫалӑхшӑн усӑллӑ пулнине кура, колхозсене хӑйсен вӑйӗпе тата хӑйсен хатӗрӗсемпе кирпӗч, черепица, известь туса хатӗрлеме сӗнес»,—тесе каланӑ. Пирӗн республикӑри чылай колхозсенче кирпӗч тумалли оборудовани, сарайсем, кӑмака, ӑста кадрсем пур. Ҫӗмӗрле, Етӗрне, Первомайски, Октябрьски тата ытти хӑшпӗр районсенчи колхозсем ҫулсерен ҫӗршер пин паха кирпӗч, ҫӗршер тонна известь туса кӑларатчӗҫ. Ҫапла туни вӗсемшӗн усӑллӑ пулнӑ, мӗншӗн тесен кирпӗче инҫетрен кӳрсе килме кансӗр, хакла ларать. Кашни кирпӗч виҫӗ килограмм ытла туртать, ҫитменнине тата ҫул ҫинче чылай ванать. Малта пыракан колхозсенче кирпӗче утӑ ҫулма тухиччен, урӑхла каласан, уй-хирте хӗрӳллӗ ӗҫсем тытӑниччен ҫапаҫҫӗ. Пресс тата двигатель пулсан, уйӑх е уйӑх ҫурӑ хушшинче сахалтан та 150—200 пин кирпӗч ҫапса хатӗрлеме пулать. Кирпӗче типӗтме тата хӗртме ӗҫ вӑйӗ нумай кирлӗ мар. Ҫав паха опытпа ытти колхозсем те усӑ курма пултараҫҫӗ.

Сӑмах майӗн ӗҫсыннисемпе колхозсене кирпӗч, известь, черепица сутас ӗҫри ҫитменлӗхсем ҫинчен те каласа хӑварас пулать. Республикӑра строительство материалӗсем сутма ятарласа уҫнӑ магазинсем ҫук. Хӑшпӗр суту-илӳ работникӗсем ҫак материалсемпе «ашпаланма» юратмаҫҫӗ. Акӑ тӗслӗх: 1952 ҫулта республикӑра ӗҫсыннисемпе колхозсене сутма 900 пин кирпӗч уйӑрса панӑ пулнӑ. Суту-илӳ организацийӗсем 525 пин кирпӗч ҫеҫ туяннӑ. Известпе черепицӑна вара 10—14 процент ҫеҫ илнӗ. Кӑҫал ҫак ӗҫ тата вӑйсӑрланнӑ. Ҫур ҫул хушшинче уйӑрса панӑ кирпӗчрен 30 процентне ҫеҫ сутнӑ.

Чӑваш АССР Суту-илӳ министерствин тата Чӑвашпотребсоюз правленийӗн хӑшпӗр работникӗсем строительство материалӗсем сутас ӗҫе хакламаннине хӑвӑртрах пӗтермелле.

Коммунистсен партийӗпе Совет правительстви ӗҫсыннисен пурнӑҫне татӑклӑн лайӑхлатма, культурине ӳстерме пулӑшакан программа йышӑнчӗҫ. Строительство материалӗсем ҫителӗклӗ туса кӑларни, вӗсен пахалӑхне лайӑхлатни, хакне йӳнетни ҫав историллӗ программӑна ӑнӑҫлӑ пурнӑҫлама пулӑшӗ.

# ООН Генеральнăй Ассамблейин VIII-мĕш сессийĕ

НЬЮ-ЙОРК, сентябрĕн 24-мĕшĕ. (ТАСС). Генеральнăй Ассамблейăн 23-мĕшĕнче ирхине пулса иртнĕ пĕрлехи ларăвĕнче пĕтĕмĕшле дискусси малалла пынă.

Канада представителĕ Пирсон çапла каланă: «Тĕнчери йывăр лару-тăрăва хăшпĕр таран çăмăллатма хăлĕ май килсе тухнă пулсан, çак майпа VIII-мĕш сесси ĕçĕ туллин усă куресса шанатăп». Тĕнчери лару-тăру кăштах çăмăлланни, Пирсон шучĕпе, агрессиллĕ Атлантика блокне туса хуниччен килет пулать вара. Пирсон хăйĕн сăмахĕнче çак блока темĕн тĕрлĕ ырласа пĕтерчĕ. Вăл çак блокри хирĕçÿсем çинчен те каланă. Анчах вăл çак хирĕçÿсем пысăк пĕлтерĕшлĕ мар пулнă пек кăтартса пама тăрăшнă.

Çавăнпа пĕрлех Пирсон çакна та кăтартса панă: ООН-ăн тĕрлĕ органĕсен ĕçĕнче çакăн пек те пулать. Çĕршывсен «блокĕ» е «ушкăнĕ» малтанлăха канашлусем иртерет. Çакна пула «Пĕрлешнĕ Нацисен организацийĕ хăйĕн сăн-сăпатне çухататъ, вăл пĕр-пĕрне хирĕçле шухăшсене конструктивлă пăхса тухмалли организаци пулма», çак шухăшсене «ĕçлĕхлĕн сÿтсе явнипе» çурăстарма пултаракан организаци пулма пăрахать.

Канада представителĕ çакнашкал шухăш çинчен каласа панă: «хальхи вăхăтра пĕтĕм тĕнче хăраса тăнине пĕтерме тата лару-тăру йывăрланса çитнине... е Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕ е тĕнчери мирпе хăрушсăрлăхшăн пуринчен ытла ответлă пулса тăракан государствăсем тĕнчери хальхи хăшпĕр ыйтусене аслăн татса памасăр çăмăллатма çук».

Корея ыйтăвĕ тĕлĕшпе Канада правительстви тытакан позици çинчен каласа, Пирсон çапла пĕлтерчĕ: «Канада правительствине илес пулсан, эпир Корейăри иимĕнле вăрçă ĕçĕсене те пулăшмастпăр, мĕншĕн тесен вĕсем Пĕрлешнĕ Нацисен ĕçĕ пулса тăмаççĕ. Эпир Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн тĕллевĕ Корейăна вăйпа пĕрлештересси пулать, тесе ăнланатпăр. Тепĕр енчен эпир çакна та ăнланатпăр: Корейăра перемири туни пире, эпир Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн членĕ пулнă май, хамăр йышăннă обязательствăсене пурнăçлассинчен хăтармасть».

Канада представителĕ çавăн пекех тата демократиллĕ лагере хирĕç тĕрлĕ йышши усал сăмахсем каласа пĕтерчĕ. Вăл ку тĕлĕшпе, тĕрĕссине илсен, Даллес Генеральнăй Ассамблейăн сентябрĕн 17-мĕшĕнчи пĕрлехи ларăвĕнче каланă сăмахсене тепĕр хут каланă.

Унтан Польша делегацийĕн пуçлăхĕ, ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕн заместителĕ М. Нашковский сăмах каланă. Вăл мире юратакан государствăсем, чи малтан, Совет Союзĕ туса иртерчĕ ĕçсене пула хальхи вăхăтра тĕнчери лару-тăру хăшпĕр енчен çăмăлланса пынине палăртнă. Ĕçсем çакăн пек килсе тухни мĕнпур тавлашуллă ыйтусене калаçусем иртернипе татса парас тĕлĕшпе пĕр-пĕрне анлăрах килĕшсе ĕçлеме май парать.

Корейăра перемири туни, терĕ М. Нашковский, ытти тавлашуллă ыйтусене те ăнăçлăн татса памалла тăвас тĕлĕшпе тĕнчери халăхсене хавхалантарчĕ. Анчах та перемири тунинчен тухса тăнă лайăх майсемпе ООН ку таранччен усă курманха. Корейăран ют çĕршывсен çарĕсене илсе тухмалла тăвасси çинчен тата Корейăна пĕрлештерме, çавăн пекех тĕнчери мире Инçет Хĕвелтухăçĕнче хăратса тăракан ытти ыйтусене татса пама условисем туса парасси çинчен решенисем йышăнас тĕллевпе политикăлла анлă конференци пухас çулпа каяс вырăнне, Генеральнăй Ассамблея урăх çул суйласа илчĕ. Вăл çул—Китай Халăх Республикипе Демократиллĕ Корея Халăх Республикин правительствисене икĕ енĕн конференцине пухма хĕтĕртесси тата Корея ыйтăвне мирлĕн татса парассипе интересленекен Азири çĕршывсене конференци ĕçне хутшăнма чарасси пулать. США делегацийĕн тата унăн майлă тăракан делегацисен çакнашкал политики Азири çак çĕршывсен прависене хирĕç пырать.

Нашковский çакна кăтартса панă: Китай Халăх Республикин государство административни совечĕн премьерĕ тата ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Чжоу Энь-лай сентябрĕн 13-мĕшĕнче ярса панă çыру тата Демократиллĕ Корея Халăх Республикин правительстви 1953 çулхи сентябрĕн 14-мĕшĕнче ярса панă çыру çак правительствăсем Корея ыйтăвне мирлĕн татса парас тĕлĕшпе малалла тунă ĕç пулать. Польша делегацийĕн пуçлăхĕ çапла каланă: çак документсем ООН-а пĕртен-пĕр тĕрĕс çул çине тăма, нейтральнăй государствăсене, чи малтан, Азири государствăсене хутшăнтарнипе çавракa сĕтел конференцийĕ пухмалли çул çине тăма май параççĕ. Нашковский çакна кăтартса панă: ООН-ăн, СССР делегацийĕ сĕннĕ пек, Корея ыйтăвĕ тăрăх политикăлла конференци иртересси çинчен тăракан ыйтăва тепĕр хут пăхса тухмала.

Агрессиллĕ вăйсем, терĕ малалла М. Нашковский, тĕнчери лару-тăрăва çăмăллатма ирĕк парасшăн мар, тата та ытларах, çак вăйсем Корейăри перемирие пурнăçлама чарас тата вăрçă ĕçĕсене çĕнĕрен пуçласа ярас тĕллевпе тĕрлĕ провокацисем ĕçсем туса иртернипе тĕнчери лару-тăрăва пушшех йывăрлатма тăрăшаççĕ.

Çакăн çинчен мире юрăтакан государствăсене хирĕç США халиччен истори курман диверсиллĕ пысăк ĕçсем туса пыни калать. Мире юратакан халăхсене хирĕç диверсисем тата провокацисем туса пынипе агрессиллĕ ушкăнсем СССР Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсенчи халăхсен шалти пĕрлĕхне сĕмĕрсе тăкма шутлаççĕ. Анчах вĕсем питех те йăнăшаççĕ, ку тĕлĕшпе вĕсен политики пĕтĕмпех путланса ларĕ. М. Нашковский çапла каланă: хăйсем патĕнче капитализм йĕркине сирпĕтсе антарнă çĕршывсене Пĕрлешÿллĕ Штатсем контрреволюци, террор, саботаж тата халăхсене хĕсмелли ытти майсем илсе пыраççĕ.

Польша представителĕ малалла тата çак факт çинчен асăрхаттарнă. Хĕвеланăç Германире милитаристла-реваншистла вăйсем ытларах та ытларах хăйсен пуçĕсене сĕмсĕррĕн çĕклеме пуçланă. Çак вăйсене Европăри халăхсене хирĕç тăвакан çĕнĕ кавара ертсе пыма ирĕк параççĕ. Çак кавара «Европăри оборона пĕрлешĕвĕ» текен пĕркенчĕкпе витĕнсе туса пыраççĕ.

Тĕнчери лару-тăрăва йывăрлатакан уйрăмах хăрушă çăлкуçĕсенчен пĕри вăл, тесе палăртнă малалла Польша делегачĕ, США, вăл хĕснипе Атлантика блокне кĕрекен ытти государствăсем те, чарăнма пĕлмесĕр вăйлăн хĕçпăшалланса пыни пулса тăрать. Çак политикăн тĕп пайĕ вăл СССР Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсене хирĕç çар базисем туса хурасси пулать. Çакна май, терĕ Нашковский, СССР делегацийĕ тăратнă резолюци проекчĕ ООН-а çĕнĕрен пысăк майсем туса парать. Халăха массăллăн пĕтермелли хĕçпăшалсене чарса лартасси çинчен, çакăн пек чарса лартмалла тунине пĕтĕм тĕнчере çирĕп тĕрĕслесе тăмалла тăвасси çинчен, аслă державăсен хĕçпăшаллă вăйĕсене виççĕмĕш пайĕ таран чакарасси çинчен мĕнпур государствăсенче хĕçпăшалсене чакарас тĕлĕшпе иртерекен тĕнчери конференци Хăрушсăрлăх Совечĕпе союз тытасси çинчен, ют территорисенчи çар базисене пĕтермелли мерăсем çинчен тата юлашкинчен, халăхсем хушшинче хирĕçÿ кăларас тата тĕнчери çĕнĕ вăрçа хатĕрленес тĕлĕшпе туса пыракан пропагандăна сивлесси çинчен Совет Союзĕ тăратнă сĕнÿсене йышăнсан, Генеральнăй Ассамблея ООН ĕçĕнче çĕнĕ самана пуçласа яма тата мирпе тĕнчери хăрушсăрлăха тĕреклетес тĕлĕшпе никĕс туса хума пултарнă пулĕччĕ.

Польша делегацийĕн пуçлăхĕ çапла каланă: мире тĕреклетмелли задачăсене пурнăçлама ООН-ăн хальхи тивĕçсĕр йĕркене пĕтерес пулать. Аслă Китай халăхĕн представителĕ ООН-ра пулманни ООН Уставне пăсни, Китай халăхĕн прависене пăсни пулать, кунсăр пуçне вăл çавăн пекех тата тĕнче политикинчи чылай пысăк ыйтусене татса парас ĕçре йывăрлăх туса хурать. Çак ыйтусене татса парас ĕçре Китай халăхĕ пысăк вырăн йышăнса тăрать.

Ирхи ларура юлашкинчен Куба представителĕ тухса каланă. Вăл хăйĕн сăмахĕнче пуринчен ытла Америкăн тулашри политикине ырланă, çавăн пекех тата Америка пропагандин арсеналĕнчен илнĕ сăмахсене тепĕр хут каланă.

НЬЮ-ЙОРК, сентябрĕн 24-мĕшĕ. (ТАСС). Генеральнăй Ассамблейăн сентябрĕн 23-мĕшĕнче пулса иртнĕ кăнтăрлахи пĕрлехи ларăвĕнче Гватемала, Кăнтăр Африка Союзĕ, Эквадор, Эфиопи тата Украина ССР представителĕсем тухса каланă.

Гватемала представителĕ Ториэльо Гаррида Корейăра перемири тунине ырланă, Гватемала делегацийĕ «ыйтăва мирлĕ майпа татса парассипе интересленекен Азири мĕнпур çĕршывсен законлă прависене хисеплеме чĕнет», тенĕ.

НЬЮ-ЙОРК, сентябрĕн 25-мĕшĕ. (ТАСС). Генеральнăй Ассамблейăн ĕнер ирхине пулса иртнĕ пĕрлехи ларăвĕнче пĕтĕмĕшле дискусси малалла пынă.

Швеци представителĕ ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Унден хăйĕн сăмахĕнче Корея ыйтăвне август уйăхĕнче сÿтсе явнă чухне Швеци делегацийĕ Корея ыйтăвĕ тăрăх пухăнакан конференцие «çаврака сĕтел» принципĕ тăрăх иртерессишĕн тăракан çĕршывсем майлă пулса калани çинчен аса илтернĕ. Швеци делегацийĕн шучĕпе, терĕ Унден, Корея ыйтăвĕ тăрăх Политикăлла конференци пухăнни «питех те кирлĕ», «малта пулас туртăм» çак конференцие пухма килĕшсе татăлас тĕлĕшпе кансĕрлени пулмалла мар.

Швеци делегачĕ Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн Уставне çĕнĕрен пăхса тухас ыйту пирки нумай чарăнса тăнă. Унден Хăрушсăрлăх Совечĕнче аслă державăсем пĕр шухăшлă пулмалли çинчен калакан принципа улăштарма панă сĕнĕве хирĕç каланă. Анчах, çав вăхăтрах, вăл аслă державăсем хăшпĕр ыйтусенче, уйрăммăн илсен, çĕнĕ членсем илес ыйтура пĕр шухăшлă пулмалли принципа кăштах хĕсме сĕннĕ.

Унден çапла каланă: «Уставăн паллă пайĕсене пăхса тухасси çывăхри тата тĕп тĕллев» пулса тăмасть, «Устав, пĕтĕмĕшпе илсен, килĕшÿллĕ». «Хальхи Устав,—терĕ вăл,—пĕр-пĕрипе килĕштерсе ĕçлĕс пулсан, питех те лайăх пулма пултарать».

Голланди представителĕ Лунс ООН Уставне улăштарма кирли çинчен каланă. (Голланди—ООН Уставне çĕнĕрен пăхса тухасси çинчен тăракан ыйтăва VIII-мĕш сесси кун йĕркине кĕртессишĕн пулнă çĕршывсенчен пĕри).

Англи представителĕ Ллойд Корейăра перемири туни тĕнчери лару-тăрăва çăмăллатма пулăшни çинчен каланă. Вăл Корейăра перемири туни Корея халăхне хирĕç вăрçă вăрçнă Пĕрлешÿллĕ Штатсем, Англи тата ытти çĕршывсем тăрăшнипе пулнă пек кăтартма хăтланнă, Совет Союзне, Китай Халăх Республикине, Демократиллĕ Корея Халăх Республикине тата мирпе демократи лагерьне кĕрекен ытти çĕршывсене хирĕç элеклĕ сăмахсем каланă.

Хĕçпăшалсене чакарас, Корея ыйтăвĕ тăрăх политикăлла конференци пухас ыйтусем тăрăх, çавăн пекех Германипе Австри ыйтăвĕсем тăрăх Даллес сентябрĕн 17-мĕшĕнче Пĕрлешÿллĕ Штатсен позицийĕ çинчен каласа панипе Ллойд пĕтĕмпех килĕшнĕ. Вăл тĕнчери лару-тăрăва çăмăллатасси тата çÿлте асăннă ыйтусене татса парасси пĕтĕмпех Совет Союзĕнчен килнĕ пек кăтартса пама тăрăшнă. ООН-ăн хĕçпăшалсăрланас тĕлĕшпе ĕçлекен комисси ĕçне малалла туса пыма кирли çинчен каласа, çак комисси ĕçĕсем путланса ларнăшăн вăл ответлăха Пĕрлешÿллĕ Штатсенчен, Англирен, Францирен сирсе яма хăтланнă. Вăл «виçĕ держава» хĕçпăшалсем çинчен тăратакан сведенисене «палăртас тата тĕрĕслес» тĕлĕшпе панă сĕнÿсем хĕçпăшалсăрланасси çинчен килĕшÿ тумалли никĕс пулаççĕ, тенĕ.

Юлашкинчен ларура Югослави делегачĕ тухса каланă. Вăл ООН-ăн VIII-мĕш сессийĕ Китай Халăх Республикин представителĕсене чĕнме килĕшменни Инçет Хĕвелтухăçĕнчи ĕçсене лайăхлатма кансĕрлекен сăлтав пулнине палăртнă.

Югослави делегачĕ Югослави, Турци тата Греци пĕрле тунă агрессиллĕ çар блокне тÿрре кăларма хăтланнă. Австри çинчен тăракан ыйту пирки каланă чухне вăл Совет Союзне тата халăх демократи çĕршывĕсене хирĕç элеклĕ сăмахсем каланă.

НЬЮ-ЙОРК, сентябрĕн 25-мĕшĕ. (ТАСС). ООН Генеральнăй Ассамблейин ĕнер кăнтăрла пулса иртнĕ пĕрлехи ларăвĕнче Доминикан республики, Исланди, Венесуэла, Чехословаки тата Сальвадор делегачĕсем тухса каланă.

Доминикан республики, Сальвадор тата Венесуэла делегачĕсем Америкăн тулашри политикин адвокачĕсем пек каланă. Çав вăхăтрах Исланди представителĕ пĕчĕк çĕршывсем нумайăшĕ мир кун-çулĕшĕн тата Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн малашлăхĕшĕн пăшăрханнине палăртнă. Исланди делегачĕ ООН ку таранччен вăйлăн хĕçпăшалланассине чарса лартас, тавлашуллă ыйтусене мирлĕ майпа йĕркелес тĕлĕшпе нимĕн те туманни çинчен каланă. Вăл Генеральнăй Ассамблейăна тĕнчери суту-илĕве вăйлатас ĕçе пулăшма чĕннĕ. Юлашкинчен вăл колонисенчи тата пăхăнса тăракан çĕршывсенчи халăхсен интересĕсене хÿтĕлеме Исланди хатĕр тăни çинчен каланă.

Чехословаки делегацийĕн пуçлăхĕ Давид пĕтĕм тĕнчери, чи малтан Совет Союзĕнчи мир вăйĕсем тăрăшнипе юлашки вăхăтра тĕнчери лару-тăру кăштах çăмăлланнине палăртнă.

Давид малалла ООН чылай çулсем хушши йывăрлăхсем тÿснине палăртнă, государствăсен паллă ушкăнĕ ытти государствăсене хăйсен ирĕкне пăхăнтарма тăрăшать, тенĕ. Вăл ООН авторитетне тĕреклетме кирли çинчен каланă. ООН, тенĕ вăл, тĕнчери тавлашуллă ыйтусене мирлĕ майпа татса памалли центр, мирпе хăрушсăрлăхăн никĕсĕ пулса тăмалла. Çакăн пек тăвас тесен, терĕ Давид, чи малтан, ООН-ра Китай Халăх Республикине право пани кирлĕ. Мĕншĕн тесен, терĕ вăл, Китай Халăх Республикин Центральнăй халăх правительстви йышăнмалли вырăна ку таранччен панкрута тухнă авантюристсен шайккин представителĕ йышăнса тăни аслă Китай халăхне кÿрентерни пулать. Çак шайккăна Китай халăхĕ яланлăхах сĕмĕрсе тăкнă ĕнтĕ. Китай Халăх Республикин—Азири чи пысăк державăн представителĕ хутшăнмасăр Инçет Хĕвелтухăçĕнчи пĕр ыйтăва та татса пама май килмест кăна мар, тĕнчери политикăн тĕп ыйтăвĕсене ăнăçлăн татса пама тытăнма та май килмест.

Совет Союзĕ çинчен саракан элеке тăрă шыв çине кăларса, Давид çапла каланă: агрессиллĕ ушкăнсем хăйсем вăйлăн хĕçпăшалланнине пытарса тăрас тĕллевпе юри элек сараççĕ, тенĕ.

Генеральнăй Ассамблейăра сентябрĕн 17-мĕшĕнче Даллес сăмах каланă. Вăл США халăх демократи çĕршывĕсем тĕлĕшпе тытса пыракан политика çинчен калаванине Давид хыттăн критикленĕ. Пĕрлешÿллĕ Штатсем çак çĕршывсене хирĕç сăтăрла ĕçсем туса пынине тăрă шыв çине кăларнă.

Малалла Чехословаки делегачĕ тĕнчере çирĕп мир тата хăрушсăрлăх туса хурас тесен, халăха массăллăн пĕтермелли хĕçпăшалсене чарса лартни, хĕçпăшалсене чакарни, ют территорисенче тытса тăракан çар базисене пĕтерни пысăк вырăн йышăнса тăни çинчен каланă. Хăшпĕр çĕршывсенче халăхсем хушшинче хирĕçÿсем кăларас тата пĕр-пĕрне курайми тăвас тĕлĕшпе саракан пропагандăна пĕтерни те çак тĕллеве пурнăçлама пулăшнă пулĕччĕ.

Чехословаки делегацийĕ, терĕ юлашкинчен Давид, Генеральнăй Ассамблейăра Совет делегацийĕн пуçлăхĕ А. Я. Вышинский çак мĕнпур ыйтусем тăрăх каласа панă позицие пĕтĕмпех йышăнать.

## Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Правительство Делегацийĕ Мускавран тухса кайнă

Совет Союзĕнче икĕ эрне хушши пулнă хыççăн сентябрĕн 25-мĕшĕнче Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Правительство делегацийĕ Мускавран тухса кайнă. Правительство Делегацийĕнче çаксем пулнă: Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Министрĕсен Кабинечĕн Председателĕ Ким Ир Сен, Корейăри Ĕçлĕх Партийĕн Центральнăй Комитечĕн Председателĕн Заместителĕ Пак Ден Ай, Министрсен Кабинечĕн Председателĕн Заместителĕ Тен Ир Ден, Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ Нам Ир, Государство План Комиссийĕн Председателĕ Тен Дюн Тхяк, Чугун çулсен Министрĕ Ким Хэ Иль.

Центральнăй аэродромра делегацие çаксем ăсатса янă: СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Пĕрремĕш Заместителĕ тата СССР Оборона Министрĕ Н. А. Булганин, СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕн Заместителĕ А. А. Громыко, СССР Тулашри Суту-илÿ Министрĕн Заместителĕ С. А. Борисов, Мускав Совечĕн Председателĕ М. А. Яснов, СССР Союзĕн Демократиллĕ Корея Халăх Республикинчи Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ С. П. Суздалев, Авиаци Маршалĕ П. Ф. Шигарев, СССР Союзĕн Демократиллĕ Корея Халăх Республикинчи Суту-илÿ Представителĕ П. Н. Сакун, Мускав хулин Коменданчĕ генерал-майор Н. С. Колесников, СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерствин Протокол Пайĕн Заведующийĕ Д. А. Жуков, СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерствин Инçет Хĕвелтухăç Пайĕн Заведующийĕн Заместителĕ А. М. Ледовский, СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерствин тата СССР Тулашри Суту-илÿ Министерствин ответлă сотрудникĕсем, совет пичечĕн представителĕсем.

Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Правительство Делегацине çавăн пекех тата Демократиллĕ Корея Халăх Республикин ССР Союзĕнчи Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ Лим Хэ, Посольствăн ытти членĕсемпе пĕрле, Венгри Халăх Республикин Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ А. Складан, Китай Халăх Республикин Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ Чжан Вэнь-тянь, Румыни Халăх Республикин Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ М. Даля, Польша Халăх Республикин Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ В. Левиковский, Чехословаки Республикин Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ Я. Вошаглик, Монголи Халăх Республикин Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ Д. Адилбиш, Албани Халăх Республикин Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ М. Прифти, Болгари Халăх Республикин Вăхăтлăх Повереннăйĕ В. Велков, Демократиллĕ Вьетнам Республикин Вăхăтлăх Поверенăйĕ Нгуэн Дык Куй, Демократиллĕ Германи Республикин Вăхăтлăх Поверенăйĕ К. Зейц ăсатнă.

Делегацие ăсатса янă чухне хисеплĕ хурал тăратнă. Оркестр Демократиллĕ Корея Халăх Республикипе Совет Союзĕн государство гимнĕсене каланă. Аэродрома Демократиллĕ Корея Халăх Республикипе ССР Союзĕн государство ялавĕсемпе илемлетнĕ.

Делегацие чикĕ патне çитиччен СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерствин Протокол Пайĕн Заведующийĕн Заместителĕ В. В. Пастоев ăсатать. (ТАСС).

## Бумацендэ юлташа пытарни

УЛАН-БАТОР, сентябрĕн 25-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Монголи халăхĕ Монголири революциллĕ халăх партийĕн ватă руководителĕсенчен пĕрне, Монголи Халăх Республикин Аслă Халăх Хурал Президиумĕн Председательне Гончигийн Бумацендэ юлташа юлашки çула ăсатрĕ. Бумацендэ ÿтне хунă тупăка Аслă Халăх Хурал ларăвĕсен залне лартнă пулнă. Çак зала ирех усă.

Кашни 5 минутран хисеплĕ хурал улшăнса тăнă. Хисеплĕ хуралта парти, государство тата обществăлла организацисен представителĕсем тăнă.

Пытарма вуншар пин çын пынă. Масар çинче траурлă митинг пулнă. Траурлă митингра Монголири революциллĕ халăх партийĕн Центральнăй Комитечĕн секретарĕ Домба юлташ сăмах тухса каланă.

## Кубари террор

НЬЮ-ЙОРК, сентябрĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Хаçатсем Кубара «пысăк суд процесĕ пуçланни çинчен» пĕлтереççĕ. «Суд ларăвĕн залĕнче,—Ассошиэйтед Пресс агентстви пĕлтернĕ тăрăх,—айăплисене сăнчăрпа тăллана 101 çын ларать. Вĕсене 1953 çулхи июль уйăхĕнче правительствăна хирĕçле юхăма хутшăннăшăн айăплаççĕ».

Кăçалхи июль уйăхĕн вĕçĕнче генерал Батист правительстви Кубари профсоюзла тата демократилле юхăма хытă хĕсĕрлеме пуçланă. Профсоюзсемпе демократиллĕ организацисен чылай деятелĕсене—Ласаро Пеньяна, Хоакин Ордокие, Хосе Гарсиа Галлона, Гонсало Кольядона тата ыттисене те, çавăн пекех çĕршер рабочисене тĕрмене хупса лартнă. Тĕрмене Кубари социалистла халăх партийĕн руководителĕсемпе активисчĕсене те нумайăшне хупса лартнă.

Батист правительстви полициллĕ террор пуçласа яма Кубари профсоюзла тата демократилле юхăмпа нихăш енчен те сыхăнман каварпа усă курнă. Июлĕн 26-мĕшĕнчи кавара буржуалла оппозици представителĕсем организациленĕ. Çак авантюрăна хăй вăхăтĕнче социалистла халăх партийĕ тата Кубари демократиллĕ вăйсем хытă сивленĕ. Ун чухне социалистла халăх партийĕ Батист çар диктатурине пула пулса тăнă лару-тăрурăн хăтăлса тухмалли пĕртен-пĕр тĕрĕс çулăн кĕрешме, урăхла каласан, демократиллĕ ирĕклĕх туса хума тата çĕршывра ирĕклĕ суйлавсем ирттерме нацилле-демократилле фронта пĕрлешме чĕнсе каланă.

Çапла ĕнтĕ, генерал Батист правительстви çакăн пек тискер ĕçсем пуçласа янин чăн-чăн сăлтавĕ вăл—ирĕклĕхшĕн, демократиллĕ правасемшĕн, миршĕн тата наци никама пăхăнманлăхĕшĕн кĕрешекен рабочи класăн ÿсе пыракан пĕрлĕхне пĕтерсе хурасси пулнă.

## Даниари парламент суйлавĕн малтанхи итогĕсем

КОПЕНГАГЕН, сентябрĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Данире фолькетинг (парламент) суйлавĕ пулса иртнĕ. Шалти ĕçсен министерстви малтанлăха пĕлтернĕ тăрăх, парламентра вырăнсем çакăн пек пайланса тăраççĕ: социал-демократсен партийĕ—74 мандат, Венстре (аграрлă парти)—42, консерваторсен партийĕ—30, радикалсен партийĕ—14, коммунистсен партийĕ—8, праволлă союз партийĕ—6 тата Данире пурăнакан нимĕçсен партийĕ—1 мандат илнĕ.

Ĕнерхи суйлав çинчен çырса, Данири хаçатсем кăçалхи апрель уйăхĕнче пулса иртнĕ суйлав результачĕсемпе танлаштараççĕ. Вăл акă мĕнрен килет. Данире хăйĕнче (Фарер утравĕсене шутламасан) иртнĕ суйлавра фольткетинга 149 депутат, халĕ 175 депутат суйланă. Кунсăр пуçне суйлав правипе усă курма Дани гражданĕсене иртнĕ суйлавринчен ытларах ирĕк панă. Çĕнĕ суйлав законĕ тăрăх, халиччен 25 çула çитнисем кăна суйлава хутшăнма пултарнă пулсан, халĕ 23 çула çитнисем те суйлава хутшăннă. Анчах та çакна палăртма пулать: правительство коалицийĕ (Венстре партипе консерваторсен партийĕ), пĕтĕмĕшпе илсен, халĕ апрель уйăхĕнчи суйлав хыççăнхинчен вăйсăртарах. Дани территорийĕнче Америка çарĕсем валли çар базисем тума ирĕк парассине хирĕç кĕрешнĕ партисем çĕнĕ фольткетингра ытларах сасă илнĕ. Çак партисен шутне, коммунистсен партийĕпе радикалсен партийĕсĕр пуçне, социал-демократсен партийĕ кĕрет. Çак парти суйлав умĕн кăларнă манифестра «тĕнчери лару-тăру йывăрланса çитнинчен» ют çĕршывсен сывлăш-çар вăйĕсем çĕршывра вырнаçса тăрассине хирĕç пулни çинчен пĕлтернĕ.

Суйлав пулса иртнĕ май хальхи коалицилле правительство малалла влаçра тытăнса тăма пултарасси çинчен ыйту тухса тăрать. Çакăн пирки социал-демократсен партийĕн пуçлăхĕ Хедтофт çапла каланă: иртнĕ суйлав суйлавçăсем правительствăна шанманнине кăтартса пачĕ. Вăл правительствăн отставкăна тухмалла, социал-демократсене правительство туса хума май памалла, тенĕ. Анчах та премьер-министр Эрик Эриксен каланă тăрăх, правительство отставкăна тухма шутламасть.

## Чкаловски районĕнче

(Районти «Авангард» хаçатран)

### ГЕКТАРТАН 32 ЦЕНТНЕР

«Гвардеец», колхозри А. Перепелкин комсомолец ертсе пыракан 1-мĕш уй-хир бригади членĕсем кăçал иихçанхиччен пысăк хастарлăхпа ĕçлеççĕ.

Çак кунсенче бригада членĕсем пăрçа çапса пĕтерчĕç. Пăрçа тухăçлă пулнă, кашни гектартан 32 центнер тухнă.

### АВАНС ШУЧĔПЕ

«Красное Знамя» колхоз членĕсем кăçал ăнса пулнă тырпула хăвăрт тата пĕр тăккаламасăр пухса кĕртсе, государствăна тырă памалли обязательствăна срокчен пурнăçларĕç. Халĕ вĕсем аванс шучĕпе кашни ĕçкуне çине 2-шер килограмм тырă тата тĕрлĕрен пахча çимĕçсем илеççĕ.

Колхозра хастарлă ĕçлекен Н. Сандыркин колхозник çемйи 1.514 килограмм, Н. Сурков колхозник çемйи 1.518 килограмм тырă илнĕ. М. Елкина колхозница хăй пĕччен ĕçлесе 1.120 килограмм тырă тата 275 килограмм пахча çимĕç илнĕ.

### ЯЛ СОВЕТ ПРЕДСЕДАТЕЛĔН ОТЧЕЧĔ

Çак кунсенче райсовет исполкомĕн черетлĕ ларăвĕ пулса иртрĕ. Ларура Туçа ял Советне кĕрекен шкулсенче çĕнĕ вĕренÿ çулĕ мĕнле пуçланни çинчен ял Совет председателĕ Ф. Шашкин юлташ тунă отчета итлерĕç.

Лару Туçа ял Советĕнчи шкулсем çĕнĕ вĕренÿ çулне çителĕксĕр хатĕрленнине палăртрĕ.

Палăртнă çитменлĕхсене пĕтерме тивĕçлĕ решени йышăннă.

### 50 РЕЙС

«Хĕрлĕ юлдуз» колхоз шоферĕ Х. Бухареев комсомолец ĕçе тÿрĕ кăмăлпа туса пырать. Вăл государствăна тырă панă вăхăтра хăйĕн машинипе Канашри тата Йĕпреçри хатĕрлев пункчĕсене 50 рейс туса, 1.200 центнер тырă леçрĕ.

Халĕ хастарлă шофер колхозри фермăсене юсама строительство материалĕсем турттарать.

### ВУЛАВ ÇУРЧĔ УÇНĂ

Нумаях пулмасть Хĕрлĕ Чишме ял Советне кĕрекен Чепкас ялĕнче вулав çурчĕ уçнă. Çĕнĕ вулав çурчĕ валли пин тенкĕлĕх тĕрлĕрен кĕнекесем илнĕ.

Халĕ кунта колхозниксем касхине пухăнса хаçат-журнал вулаççĕ, килте вулама кĕнекесем илеççĕ.

## Ялти шкулта

ЕЛЧĔК. Çĕнĕ Тĕмерте колхозниксем çичĕ çул вĕренмелли шкул валли çĕнĕ пысăк çурт туса пĕтерчĕç. Халĕ ачасем çутă та ăшă классенче вĕренеççĕ.

Шкул валли нагляднăй пособисем, физика тата хими предмечĕсене вĕрентнĕ чухне усă курмалли тĕрлĕ приборсем 1.500 тенкĕлĕх илсе килнĕ. Биологи кабинечĕ валли кирлĕ приборсем нумай туянна.

Шкул участокĕнче тĕрлĕ йывăççемпе пахча çимĕçсем ÿстерне. Ачасем участокра кĕрхи сăнав ĕçĕсене тăваççĕ.

Н. ФЕДОРОВ.

## ПĔЛТЕРНИ

Сентябрĕн 29-мĕшĕнче, 19 сехетре, КПСС хула комитечĕн библиотека çуртĕнче парти историне вĕренмелли пĕрремĕшпе иккĕмĕш çул ĕçлекен кружоксен руководителĕсен тата политшкулсен (пĕрремĕшпе иккĕмĕш çул ĕçлекеннисен) руководителĕсен семинарĕсем пулаççĕ.

Семинарта пăхса тухмалли тема: «СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков юлташ СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕнче каланă сăмах».

Семинарсене А. Д. Эльбов тата З. В. Кустарникова юлташсем иртереççĕ.

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧĔ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

### КИНО

«УДАРНИК»—сентябрĕн 27-мĕшĕпе 28-мĕшĕнче илемлĕ фильм «Звезда». Сеанссем пуçланаççĕ: 14 сехет те 15 минутра, 16 с. 15 м., 18 с. 15 м., 20 с. 15 м. тата 22 с. 15 м.



## СССР халăх хуçалăхне аталантармалли государство заемне (1952 çулта кăларнине) çырăнса илнĕ граждансене пĕлсе тăма

Чăваш АССР перекет кассисемпе государство кредичĕн управленийĕ çакăн çинчен пĕлтерет: СССР халăх хуçалăхне аталантармалли государство заемне (1952 çулхи кăларăм) çырăнса илнĕ çынсене облигацисем памалли срок 1954 çулхи мартăн 31-мĕшĕнче тухать.

СССР халăх хуçалăхне аталантармалли государство заемне (1952 çулхи кăларăм) çырăнса илнĕ гражданскен çак заемăн облигацийĕсене 1954 çулхи апрелĕн 1-мĕшĕччĕн алла илес пулать, çав кунччен илмесен, вара облигацисене илмелли вăхăт иртет.

Заем çырăнса илнĕ гражданссем! Хăвăр заем çырăнса илнĕ предприятири е учреждениери расчет пайĕнчен заем укçи тÿлени çинчен справка илĕр те, перекет кассисене пырса, укçа тÿленĕ чухлĕ заем облигацийĕсем илĕр.

Заем облигацийĕсене срок иртиччен алла илĕр.

Чăваш АССР перекет кассисемпе государство кредичĕн управленийĕ.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-88, ял хуçалăх пайĕ—3-87, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 09366 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Тираж 20.000 экз.